ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 31 ШАМАТКУН № 107 (8759)

Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне анлăн сарассишĕн

Юлашки çулсенче пирĕн республикăри колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем, Сталин юлташ патне янă çырусенче илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçласа, çулсерен пысăкрах тухăçлă ялхуçалăх культурисем пăхса ÿстереççĕ. Çавăнпа пĕрлех ялхуçалăх ĕçченĕсем обществăллă выльăх-чĕрлĕх шучĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерсе пыраççĕ.

Тухăçлă тырпул туса илессишĕн, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх пăхса ÿстерессишĕн çулсерен анлăрах та анлăрах сарăлса пыракан социализмлă ăмăртура республикăри нумай колхозсем, бригадăсем, выльăх-чĕрлĕх фермисем, МТС-сем пысăк çитĕнÿсем турĕç. Социализмлă ăмăртура нумай колхозсемпе МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсен культурине хăпартса пысăк тухăçлă тырпулшăн, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн кĕрешес ĕçре пуян опыт туянчĕç. Республикăра нумай енлĕ обществăллă хуçалăха аталантарас, пысăк тухăçлă тырпул туса илес, выльăх-чĕрлĕх хисепĕпе унăн тухăçлăхне хăпартас ĕçре паха çитĕнÿсем тăвакан колхозсен шучĕ çултан çул ÿссе пырать. Халĕ ĕнтĕ пирĕн республикăра миллионер колхозсем те пур. Çавăнпа пĕрлех ялхуçалăх практикĕсем хушшинче новаторсен йышĕ ÿссе пырать.

Малта пыракансен пуян опытне республикăри пур колхозсене те сарасси, çав опыта анлăн пропагандăласси тата пурнăçа кĕртесси—парти организацийĕсен, ялхуçалăх органĕсен хисеплĕ задачи.

Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне пропагандăлас ĕçре пичет питех те хăватлă оруди пулса тăрать. Пиншер экземпляр тухса тăракан кĕнекесенче, хаçатсемпе журналсенче ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне тĕплĕн çутатни çав опытпа ялхуçалăх ĕçченĕсен анлă массисене паллашма пулăшать, вĕсене малта пыракансен опычĕпе ĕçре усă курма, çавна пула çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнÿсем тума майсем уçса парать.

Юлашки çулсенче Чăваш АССР Государство издательстви республикăри ялхуçалăхĕнче палăрнă паха опыта çутатса паракан уйрăм кĕнекесем кăларчĕ. Иртнĕ çулта Вăрмар районĕнчи «Хĕрлĕ Кĕтне» колхозăн нумай енлĕ хуçалăхĕ епле аталанса пынине çутатса паракан кĕнеке пичетленсе тухрĕ (авторĕ П. Щипцов). Чăвашсен ялхуçалăх институчĕн доценчĕ Т. Кружилин, республикăри колхозсен опычĕпе усă курса, çĕртме пуссине акмалли культурăсен агротехники çинчен кĕнеке çырса кăларчĕ. Кăçал Чăваш АССР Государство издательстви Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозăн ăратлă сурăхсем ĕрчетекен фермин ĕçри опычĕсем çинчен М. Осипов çырнă кĕнекене пичетлесе кăларчĕ.

Юлашки вăхăтра ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне районсенче тухса тăракан хаçатсем те анлăраххăн çутатса пыма пуçларĕç.

Анчах халлĕхе республикăра малта пыракансен опытне пропагандăласси çителĕксĕр пырать-ха. Чăваш АССР Государство издательстви ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне çутатса паракан кĕнекесемпе брошюрăсем кăлармалли плана çултан çул тултарса пымасть. Пĕлтĕр издательство ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕ çинчен 16 брошюра тата «Пĕтĕм Союзри Ялхуçалăх выставкин кандидачĕсем» ятлă серипе 6 брошюра кăларма палăртнă пулнă. Анчах паян куна çав шутран мĕн пурĕ те 8 брошюра анчах кăларнă, «Пĕтĕм Союзри Ялхуçалăх выставкин кандидачĕсем» ятлă серирен вара пĕр кĕнеке те кăларман. Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕ çинчен 1952 çулта кĕнекесем кăлармалли план та пачах çителĕксĕр пурнăçланса пырать.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе Чăвашсен ялхуçалăх институчĕ республикăри малта пыракан колхозсен, пысăк тухăçлă тырпул туса илекен мастерсен, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ăста ĕçлекенсен, ялхуçалăх механизаторĕсен опытне тĕпчесе пĕтĕçтерес енĕпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Çавăнпа пĕрлех Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви, унăн ялхуçалăх пропагандине туса пыракан управленийĕ тата Чăваш АССР Государство издательстви ялхуçалăх кăтăвĕсемпе çыракан авторсемпе сахал ĕçлеççĕ, кĕнекесен алçырăвĕсене хатĕрлес ĕçре вĕсене тивĕçлĕ условисем туса памаççĕ. Çавăн пирки те ĕнтĕ уйрăм авторсем алçырăвĕсене тăратмалли сроксене чăтма çук тăсса пыраççĕ.

Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне пропагандăлас, ăна мĕнпур колхозсенче сарса пырас ĕçе колхоз председателĕсене, бригадирсене, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсене, механизаторсене явăçтарасси республикăра питех те çителĕксĕр пырать. Ку тĕлĕшпе Ялхуçалăх министерстви те, ялхуçалăх институчĕ те, издательство та, районсенче тухса тăракан хаçатсем те пĕтĕм тимлĕхе хурса ĕçлемеççĕ-ха, колхозсенчи новаторсене, МТС-сенчи механизаторсене хăйсен паха опычĕсене пĕтĕçтерсе кĕнеке-хаçат урлă çутатма пулăшас ĕçе тивĕçлĕ хака хумаççĕ.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе Республикăри Государство издательствин малта пыракан колхозсемпе МТС-сен опытне çутатса паракан кĕнекесем кăларас ĕçе нумай лайăхлатмалла, çав кĕнекесен тематикине чылай анлăлатмалла. Пичетре колхозсенче нумай енлĕ хуçалăха аталантарса пырас, малта пыракан агротехникăна пурнăçлас, выльăх-чĕрлĕх ăратлăхне лайăхлатса пырас, ялхуçалăхĕнчи ĕçсене механизацилес, ялхуçалăхĕнче электричествăна усă курас ĕçри паха опыта т. ыт. те чылай анлăраххăн çутатса пыни кирлĕ.

Кĕнекесемпе брошюрăсем кăларнисĕр пуçне ялхуçалăхĕнче малта пыракансен, Социализмлă Ĕç Геройĕсен опытне çутатса паракан листовкăсем, плакатсем кăларас ĕçе йĕркелесе ярас пулать.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе Чăвашсен ялхуçалăх институчĕн колхозсемпе МТС-сен паха опытне тĕпчесе пĕтĕçтерес ĕçе лайăхлатмалла, ку ĕçе ялхуçалăх специалисчĕсене, ялхуçалăх институчĕн научнăй работникĕсене ытларах хутшăнтармалла. Çавăнпа пĕрлех ялхуçалăхĕнчи пуян опыта пичет урлă пропагандăлас ĕçе колхоз председателĕсене, бригадирсене, фермăсенче ĕçлекенсене, механизаторсене активлăн хутшăнтарни кирлĕ. Вĕсене хăйсен опытне шута илсе пĕтĕçтерме, çав опыт çинчен брошюрăсем, статьясем çырма пулăшас пулать.

Малта пыракан колхозсемпе МТС-сен опытне пурнăçа кĕртни халлĕхе кая юлса пыракан колхозсемпе МТС-сен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме пулăшĕ, ялхуçалăхĕнче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тума май парĕ.

## Çураки планне мĕнпур культурăсем тăрăх тултармалла

Висĕ республикăри колхозниксемпе механизаторсен ăмăртăвĕ—пысăк тухăçлă тырпулшăн тата йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн пуçарнă ăмăрту вăйлансах пырать. Пирĕн республикăри колхозсем çуртрисене акса пĕтернĕпе пĕрех ĕнтĕ.

Колхозсемпе МТС-сен халĕхи вăхăтри тĕп задачи калчана лайăх пăхса ÿстересси, çĕртме сухине вăхăтра туса пĕтересси, ялхуçалăх культурисен акмалли тата лартмалли плана пĕтĕмĕшпех тултарасси пулать.

Анчах уйрăм районсем çураки планне мĕнпур культурăсем тăрăх тултарас тĕлĕшпе юлса пыраççĕ, чылай колхозсем хăшпĕр культурăсене пачах акма тăрăшмаççĕ. Çакă уйрăмах Сĕнтĕр, Сĕнтĕрвăрри тата Октябрьски районĕсенче хытă сисĕнет. Сăмахран, кунти колхозсем кантăр акма васкамаççĕ, хăшпĕрисем вара ăна акасшăн та мар. Ялхуçалăх пайĕсен руководителĕсем çавăн пек шухăша хирĕç татăклăн кĕрешмеççĕ.

Çанталăк ăшă тăрать. Халĕ ĕнтĕ каяррахпа акакан ялхуçалăх культурисене те васкасах акмалла. Первомайски районĕ хуратул акмалли задание майăн 25-мĕшĕ тĕлнех иртерсе пурнăçларĕ. Çав вăхăтрах Тăвай, Елчĕк, Чурачăк, Кувакино тата ытти хăшпĕр районсем ку енĕпе ытла та юлса пыраççĕ.

Пахча çимĕç лартас ĕçе те хăвăртлатмалла. Ку енĕпе халĕ Ишлей, Сĕнтĕр, Пăрачкав, Çĕмĕрле районĕсенче уйрăмах тăрăшса ĕçлемелле.

Правительство йышăннă тăрăх, колхозсемпе МТС-сен хăйсене панă задание мĕнпур ялхуçалăх культурисем тăрăх пурнăçласан тин çураки планĕ тулнă шутланать. Партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен çак кăтартăва пурнăçлама мĕн кирлине пăхтас тăвас пулать.

Калчасене лайăх пăхса ÿстерес пулать. Уйрăмах халĕ выльăхсем валли акнă тымарсимĕçсене тимлĕ пăхмалла, тăпрана кăпкалатса тămalla, çумкурăксене çумламалла, агротехникăлă ытти ĕçсене те пурнăçламалла. Малта пыракан колхозсем çуртри калчине апат параççĕ. Çак паха ĕçе—тырпул тухăçне вăйлă ÿстерме пулăшакан меслете кăçал пур колхозсем те анлăрах пурнăçлассишĕн кĕрешмелле.

Парторганизацисемпе ялхуçалăх специалисчĕсен колхозниксене мĕнпур тимлĕхне Сталин юлташ патне янă çыру обязательствăсене чыслăн пурнăçлама, вăтам шутпа кашни гектартан 16 центнертан кая мар тырпул туса илме мобилизацилемелле.

## Шкулсенчи экзаменсем



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти улттăмĕш вăтам шкулти 6-мĕш «в» класра вĕренекен Альберт Куданов географипе экзамен парать. Экзамен иртерекенни — географи преподавателĕ Г. А. Афанасьева юлташ, ассистент А. А. Прохоров юлташ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

### Пысăк çĕкленÿпе

КÿКЕÇ. Çулпуçăмăр Сталин пионерсене саламланине Тулик Хураскинчи вăтам шкулта вĕренекенсемпе учительсем экзамена пысăк çĕкленÿпе хатĕрленнипе кĕтсе илчĕç. Учительсем вĕренекенсемпе калаçусем иртерчĕç.

— Сталин юлташ Совет Союзĕнчи пионерсене сывлăхлă пулма, ĕçре, вĕренÿре тата обществăллă ĕçре ăнăçусем тума ырă сунни пĕтĕм чĕререн савăнтарать,—тет комсомолка-учительница В. Кириллова юлташ.—Пирĕн Совет Союзĕнче ачасемшĕн куллен тăрăшаççĕ. Халăха вĕрентес ĕç валли çултан-çул нумай укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ, çĕнĕ шкулсем уçаççĕ.

Вĕренекенсем экзаменсене пурте кăтартуллăн сÿреççĕ. Экзаменсен малтанхи эрнинче уйрăмах Х-мĕш класра вĕренекенсем паха тĕслĕх кăтартрĕç. Кунта 42 вĕренекен аттестат зрелости илмелли экзамен тытаççĕ. Вĕсенчен вунвиççĕшĕ—вырăсла сочиненипе, вунулттăшĕ—вырăс чĕлхипе, вунсаккăрăшĕ—вырăс литературипе «4» тата «5» паллăсем илнĕ. Начар паллă илнисем пулман.

Ытти классенче те экзаменсем ăнăçлă иртсе пыраççĕ. 9-мĕш класри 25 вĕренекентен тăххăрăшĕ—дарвинизм никĕсĕсемпе, вунвиççĕшĕ—историпе «4» тата «5» паллăсем илнĕ. 5-мĕшпе 6-мĕш классенче вĕренекенсем малтанхи экзаменсенче арифметикăпа задачăсене тĕрĕс тата хăвăрт шутлама, тулли те тарăн ответсем пама пултарнине, вырăс чĕлхипе изложени лайăх çырнине кăтартса пачĕç.

Шкулта экзаменсем пынă вăхăтра вĕренекенсене вĕри апат çитереççĕ.

Кăçал вăтам шкултан вĕренсе тухакансем 15 çын. Халиччен вĕренсе тухнисенчен нумайăшĕ çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче инженерсем, врачсем, учительсем, Совет Çарĕн офицерĕсем пулса ĕçлеççĕ.

А. ТИМОФЕЕВ.

### Мăн Выла шкулĕнче

ЭЛĔК. Мăн Вылари çичĕ çул вĕренмелли шкул коллективĕ çуркуннехи экзаменсене лайăх хатĕрленсе кĕтсе илчĕ. Малтанхи экзаменсем йĕркеллĕ иртрĕç, вĕренекенсен çирĕп пĕлÿ пуррине кăтартса пачĕç.

Тăваттăмĕш классенче вĕренекенсем вырăс чĕлхипе диктант çырчĕç. Кунта З. Гришина тата А. Чигисова учительницăсем ĕçлеççĕ. Хĕрĕх ачаран саккăрăшĕ «5» паллă, çирĕмĕшĕ «4» паллă илчĕç. Начар отметкăсем çук. Вĕренекенсен япăракан хупă сасăсене çырассипе йăнăшсем ытларах тĕл пулаççĕ. Предлогсене сиктерсе хăварнисем те пур.

Пиллĕкмĕш классенче вĕренекенсем арифметикăпа сăмахлă задачăсем тата примерсем шутларĕç. Кунта арифметикăпа К. Васильев учитель вĕрентнĕ. 55 вĕренекентен вуннăшĕ «5» паллă, вунвиççĕшĕ «4» паллă илчĕç. Виçĕ вĕренекен задачăна шутласа кăлараймаи.

А. ЕФИМОВ.

### Тĕплĕ вĕреннĕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Тарапайри çичĕ çул вĕренмелли шкулта экзаменсем ăнăçлă пулса пыраççĕ, шкул ачисем лайăх вĕреннине кăтартса параççĕ. Çиччĕмĕш «а» класра вĕренекенсем, вырăс чĕлхипе çырса, 24 ачаран саккăршĕ «5» тата «4» паллăсем, 16 ача «3» паллă илнĕ. Вырăс чĕлхипе пурте экзамен аван тытнă. Çиччĕмĕш «б» класра вĕренекенсем те экзаменсенче лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Вĕренекенсем вырăс чĕлхипе программăри материалсене лайăх пĕлни А. Данилов учитель тăрăшса ĕçленинчен килнĕ.

Асăннă классенче геометрипе те экзаменсем лайăх иртрĕç. П. Перепелкин, М. Шорникова, З. Яковлева, Г. Ильин, З. Трофимова тата ытти вĕренекенсем те «5» тата «4» паллăсем илчĕç.

Тăваттăмĕш, пиллĕкмĕш тата улттăмĕш классенче вĕренекенсем экзаменсем ăнăçлă тытаççĕ. Кунта та «отлично» паллă илекенсем сахал мар.

## Кок-сагыз—пысăк тупăш паракан культура

ЧУРАЧĂК. Районти нумай колхозсем кок-сагыз акса тăваççĕ. Çак техникăллă культурăна акмалли çĕр лаптăкĕ çулсерен ÿссе пырать. Юлашки çулсенче кок-сагыз тухăçлăхĕ те чылай ÿсрĕ.

Чăрăш ялĕнчи «Победа» колхозри Орешкин юлташ ертсе пыракан бригада иртнĕ çулта 5,3 гектар çинчи икĕ çулхи плантацирен вăтам шутпа кашни гектартан 66-шар килограмм кок-сагыз вăрри пухса кĕртнĕ. Кок-сагыз тымарĕпе вăррине государствăна парса 56.996 тенкĕ укçа, 1.484 килограмм тулă, 873 центнер çĕрулми илнĕ.

Анчах чылай колхозсем агротехникăна тĕрĕс пурнăçлама тăрăшмаççĕ, çавăнпа та вĕсен кок-сагыз тухăçлăхĕ начар пулать. Кок-сагыз акмалли плана тултарма тăрăшман колхозсем те пур-ха. Хăшпĕр артель руководителĕсем плантаци валли начар çĕр лаптăкĕсем уйăрса хăвараççĕ. Елĕккассинчи «Красный флот» колхоз (председателĕ И. Осипов юлташ) иртнĕ кĕркунне кок-сагыза айлăм вырăна акса хăварнă. Кăçал çуркунне плантацине шыв илнĕ пирки вăл шăтса тухаймарĕ.

Антавăшри Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра кок-сагыз акса тума бригада организациленĕ тесе шутлаççĕ. Тĕрĕссипе бригада хут çинче кăна шутланса тăрать. Плантацире ĕçлĕкен колхозниксене час-часах улăштарса тăраççĕ.

Чылай колхозсем плантацине кăпкалатма тăрăшмаççĕ. «Броневик» колхозра кок-сагыз участокне çурри те кăпкалатман.

Пĕр çул тата икĕ çул ÿсекен кок-сагыз калчине удобренисемпе апат парас ĕç те начар пырать. Калинин ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан, «За коммунизм», «Победа» колхозсемсĕр пуçне районти ытти колхозсем минераллă удобренисем кÿрсе килмен.

Çитес кĕркунне нумай колхозсен кок-сагыз акса хăвармалла. Çак культурăна акмалли çĕр лаптăкĕсем çине халех тислĕк кăлармалла, ирхи çĕртме сухи туса хăвармалла. Чылай колхозсенче кок-сагыз акмалли участоксене хатĕрлеме тытăнман-ха.

Нумай пулмасть кок-сагыз акса тăвакан колхоз руководителĕсен, МТС тата ялхуçалăх пайĕн специалисчĕсен районти канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлура кок-сагыз енĕпе ĕçлекен бригадирсемпе звеноводсем те пулчĕç. Колхозниксем, ялхуçалăх специалисчĕсемпе механизаторсем кăçал кок-сагыз вăрри туса илмелли плана 130 процент, тымар туса илмелли плана 120 процентран кая мар тултарма обязательство илчĕç, Шăхасан районне социализмлă ăмăртăва чĕнчĕç.

С. КУЗЬМИН.

### Ăнăçлă вĕренсе тухрĕç

ЕЛЧĔК. Пĕрлешсе пысăкланнă «Новая жизнь» колхозра агротехникăна вĕренмелли виçĕ çуллăх курс йĕркеллĕ ĕçлет. Ăна машина-трактор станцийĕн участокри агрономĕ А. Никитин юлташ ертсе пырать. Курсра уй-хир бригадирĕсемпе колхозниксем, трактористсем пурĕ 26 çын вĕренеççĕ.

Çак кунсенче колхозниксем икĕ çулхи программăна вĕренсе пĕтерчĕç. Вĕренекенсем агротехникăна аван пĕлнине кăтартса пачĕç. Уйрăмах А. Александров, В. Григорьев, А. Иванов, А. Петров, А. Фролова тата М. Уткин юлташсем лайăх вĕреннине палăртмалла.

(Хамăр инф.).

## Ирхи çĕртме туса пĕтернĕ

Пăрачкав МТС-ĕнчи çиччĕмĕш трактор бригади (бригадирĕ М. Завьялов юлташ) кашни 15 лаша вăйлĕ тракторпа 800 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тума пулнăччĕ. Трактористсем майăн 4-мĕшĕ тĕлне—Максим Горький ячĕпе тăракан колхоза 253 гектар акса, 372 гектар культиваци туса пачĕç, договора пăхнă задание чылай иртерсе тултарчĕç. Бригадăн çуркунне 340 гектар сухалана чухлĕ ĕç тумалла пулнă пулсан, майăн 4-мĕшĕ тĕлнех 360 гектар чухлĕ ĕç тунă.

Çураки планне ăнăçлă тултарнă хыççăн механизаторсем ирхи çĕртме тума пуçларĕç. Трактористсем ку ĕçре те малта пычĕç. И. Кормилицынпа С. Николаев юлташсем «ДТ-54» тракторпа 6,5-шер гектар сухалас вырăнне куллен 7,5-шер гектар сухаларĕç. В. Мартьянов, А. Козлов тата М. Озеров трактористсем те нормăна чылай иртерсе тултарса ĕçлерĕç.

Пĕтĕм коллектив хастарлă ĕçленипе трактор бригади социализмлă ăмăртура малта тухрĕ. Ирхи çĕртме туса плана бригада майăн 22-мĕшĕнче тултарчĕ.

## ХАСТАРЛĂ ÇАМРĂКСЕМ

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод çĕнĕ серилĕ продукци—контакторсем туса кăларма заказ илнĕ. Çак заказа хăвăртрах пурнăçласа тата ăна серилĕ майпа туса кăларас тĕлĕшпе заводри опытлă инженерсем Л. Воронель, М. Кобленц юлташсем, Б. Салмин рабочи тата А. Лутов техник тăрăшса ĕçлесе паха тĕслĕх кăтартнă. Вĕсен умĕнче контакторсене çĕнĕ, ĕçре лайăх усă куракан туса кăларас задача тăнă. Çак продукцие серилĕ майпа туса кăларни завода материалсем чылай перекетлеме пулăшма тивĕçлĕ.

Заказа хăвăртрах пурнăçлас тĕлĕшпе А. Лутов комсомолецпа Б. Салмин слесарь нумай ĕçленĕ. Вĕсем продукци пахалăхне лайăхлатас задача лартнă. Çав майпа контактор чĕрнисене тĕплĕн тĕпчесе вĕреннĕ, техникăлă даннăйсене вуншар хутчен тĕрĕслесе пăхнă, хăйсен шухăш-кăмăлĕсене инженерсене каласа панă. Тăрăшса ĕçлени хыççăн вĕсем контактор конструкцине кăштах улăштарма кирлине палăртнă. Контактор якорĕ çумне хушма пружина лартма майсем çирĕплетсе кăлармалли меслет шырса тупнă.

Çамрăк производственниксем çак ĕçре хăйсен пĕлÿлĕхне, хастарлăхне, умма лартнă тĕллев патне çитессипе тимлĕн тăрăшма пултарнине кăтартса панă.

## Çĕртме сухине вăхăтра туса пĕтерессишĕн

Кăçал колхозсемпе МТС-сем çурхи уй-хир ĕçĕсене лайăх пахалăхпа тăвассишĕн пĕлтĕрхинчен ăнăçлăрах ĕçлерĕç. Чылай районсем, сăмахран, Красноармейски, Муркаш, Советски, Сĕнтĕр, Чкаловски, Çĕмĕрле районĕсем майăн 20-мĕшĕ тĕлне тĕштырăсене пĕтĕмпех акса пĕтерчĕç.

Халĕ малта пыракан ялхуçалăх артелĕсемпе машина-трактор станцисем çитес çулхи пысăк тухăçлă тырпулшăн тимлĕн тăрăшса ĕçлеççĕ, ырашпа кĕрхи тулă акма ирхи çĕртме тăваççĕ. Пурне те паллă, кĕртыррисен тухăçлăхне ÿстерме кирлĕ майсенчен пĕри вăл—çĕртмене вăхăтра туса хăварни, уй-хире удобренисем ытларах кăларни пулать.

Ирхи çĕртме тата хура çĕртме—пусă çаврăнăшĕн уйрăлми пайĕ. Çĕртме туса, колхозсем çумкурăксене пĕтереççĕ, ÿсентăрансене сиен кÿрекен хурт-кăпшанкăсене пĕтереççĕ. Çĕртмене вăхăтра туни тăпрара ытларах нÿрĕ тытса хăварма, ÿсентăрана кирлĕ тутлăхлă япаласем пухма пулăшать.

Çĕртме сухине кая юлса туни пысăк сиен кÿрет. Кун пек чухне уй-хирте икĕ çул тата нумай çул ÿсекен çумкурăксем тапса тухаççĕ, тăпра пирчесе каять, çапла вара унта азот пухăнасси ерипен пулса пырать.

Кашни колхозăн, кашни МТС-ăн çитес çулхи пысăк тухăçлă тырпул никĕсне хывса хăварма мĕн кирлине пĕтĕмпех тумалла, ирхи çĕртме сухине правительство кăтартса панă вăхăтра туса пĕтерессишĕн кĕрешмелле.

Пăрачкав, Первомайски, Кувакино, Сурмайдан, Йĕпреç, Чкаловски, Красноармейски тата ытти хăшпĕр МТС-сем çуракинчен пушаннă тракторсене çĕртме тума вăхăтра куçарчĕç. Асăннă МТС-сем ку тĕлĕшпе графика майăн 25-мĕшĕ тĕлне 150 процентран пуçласа 200 процента çити тултарма пултарчĕç. Трактористсем сменăри нормăсене чылай иртерсе тултараççĕ, краççын тата бензин перекетлеççĕ. Ĕç пахалăхĕ те лайăх. Çав районсенчи МТС-семпе колхозсем пек ĕçлеме ытти МТС-семпе колхозсен те майсем çителĕклĕ. Анчах чылай районсем çаврăнăçусăр ĕçленине палăртмалла. Элĕк, Канаш, Калинино, Хĕрлĕ Чутай, Вăрмар, Улатăр МТС-ĕсем ирхи çĕртме тумалли графика пăсса пыраççĕ, çав районсенчи ялхуçалăх органĕсемпе МТС руководителĕсем механизаторсемпе колхозниксене çитес çулхи вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешĕве çителĕксĕр хутшăнтараççĕ.

Çĕртме тунă чухне агротехникăна тĕрĕс пурнăçласа пымалла. Трактористсен предплужниклă плугсемпе, 22 сантиметр тарăнăшĕнчен кая мар сухаламалла, çийĕнчех икĕ хут сÿрелемелле. Сухалакан тăпра сийне тарăнлатас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлĕмелле, тăпра сийĕ хулăм çĕрте мĕн май килнĕ таран тарăнрах сухалас пулать.

Анчах агротехникăна пăхăнмасăр ĕçленине кăтартакан тĕслĕхсем сахал мар-ха. Улатăр, Вăрнар, Калинино, Хĕрлĕ Чутай, Çĕрпÿ, Чурачăк машина-трактор станцийĕсенчи трактористсем предплужниксем çителĕклĕ пулсан та вĕсемсĕр сухалаççĕ. МТС руководителĕсем вара çакăнпа килĕшсе пурăнаççĕ, агротехника правилисене пăснине хирĕç кĕрешмеççĕ.

Чылай колхозсен руководителĕсем çĕртме тума хăйсем чăрмантараççĕ. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Молния» артельте çĕртме сухине майăн 25-мĕшĕнче, «Верный путь» колхозра майăн 28-мĕшĕнче туса пĕтермелле пулнă. Çапла кăтартса панă МТС-па колхозсем тунă договорсенче. Икĕ колхозĕнче те тракторсем пур, анчах майăн 25-мĕшĕ тĕлне те ку колхозсенче пĕр гектар та çĕртме туман. Çакăншăн, чи малтан, колхоз руководителĕсем айăплă. «Молния» ялхуçалăх артелĕн председателĕ Соколов юлташ, «Верный путь» колхоз председателĕ Михайлов юлташ трактористсене çĕртме тума ирĕк паман. Çакна вĕсем хире тислĕк кăларма ĕлкĕрейменнипе ăнлантарса пама пăхаççĕ, тислĕк кăларма вара июнĕн 1-мĕшĕнче кăна тытăнма шутлаççĕ.

Молотов ячĕпе тăракан колхоз (Шупашкар районĕ) районти вăрлăх хуçалăхĕ шутланать. Кунта Кириллова агроном ĕçлет. Çакă тĕлĕнтерет: агроном трактор бригадин бригадирне Иванов юлташа ним сăлтавсăрах çĕртме тума чарнă. Çав вăхăтрах договор тăрăх çĕртме сухине июнĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтермелле. Колхоз председателĕ Данилов юлташ трактористсене ĕçлеме кирлĕ условисем туса пама тăрăшмасть. Çĕртме тума пуçлас умĕн вăл горючи тата шыв турттарма уйăрнă колхозника хăй ĕçне тума чарнă.

Çакăн пек йĕркесĕрлĕхсене пĕтерме районти ялхуçалăх пайĕсемпе МТС руководителĕсен çийĕнчех тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Кăçал республикăри колхозсен, иртнĕ çулхисемпе танлаштарсан, кĕрхи тулă ытларах акса хăвармалла пулать. Ялхуçалăх пайĕпе МТС агрономĕсен колхозсенче тулă акма лайăх çĕр участокĕсем суйласа илме пулăшмалла. Çав пусăсенче çĕртме сухине малтан тумалла.

Çĕртме сухине тунипех ĕç пĕтмест-ха. Ăна çăвĕпех таса тытса усрамалла, кĕрхи тырăсем акиччен виçĕ хутчен культиваци туса сÿрелемелле.

МТС-сен колхозсене çĕртме сухине вăхăтра туса пама, ăна тырпул акиччен лайăх пăхса усрама тимлĕн пулăшмалла. Кашни тракторăн хăйне уйăрса панă участокра ĕçлемелле. Çакă вăл ĕç тухăçлăхне ÿстерме, ĕç пахалăхне тĕрĕслесе тăма май парать. Трактористсем тунă ĕçе кашни смена хыççăн уй-хир бригадин бригадирĕ йышăнса тăма тивĕç. Колхоз председателĕн те трактор бригадинчен çĕртме сухи пахалăхне тĕплĕн тĕрĕслесе йышăнмалла.

Механизаторсемпе колхозниксен чыслă тивĕçĕ — ирхи çĕртме сухине июнĕн 10-мĕшĕнчен кая юлмасăр туса пĕтерессе пулать.

И. ШОРНИКОВ,
Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ.

# Кино—массăллă агитацин хăватлă хĕçпăшалĕ

Парти тата правительство халăха кино кăтартас ĕçе питĕ пысăк вырăна хурассĕ, халăха ытларах та лайăхрах картинăсем кăтартассишĕн куллен тăрăшассĕ. Çакă вăл пирĕн партипе правительство халăхăн культурăллă шайне ÿстерессишĕн çине тăрса ĕçленине кăтартса парать.

Анчах та Советски, Чурачăк, Тăвай районĕсенче ĕçсыннисене кино кăтартассине хаклаймассĕ; çавăнпа та çак районсенчи чылай ялсенче уйăхĕ-уйăхĕпе кино кăтартмассĕ, государство панă плана çурсерен тултараймассĕ. Муркаш районĕнче те ĕçсем начар тăрассĕ. 1951 çулти плана киносеансем парас енĕпе 66 процент, кино кăтартса укçа-тенкĕ пухмалли плана 35 процент çеç тултарнă. Кăçал та, пĕтĕмрен илсен, начар ĕçлессĕ.

Ĕçсыннисене кино кăтартас ĕç лайăх пулманнишĕн парти райкомĕ тивĕçлĕ выводсем тумалла пулнă. Анчах ВКП(б) Муркаш райкомĕ çав ситменлĕхсене ку таранччен килĕшсе пурăнать. Вăл халăха кино кăтартас ĕçе тивĕçлипе хаклаймасть. Райсовет исполкомĕн кинофикаци пайĕнче нумай вăхăт хушши заведующи пулман, хĕллехи вăхăтра 8 установкăран 4 установки кăна ĕçленĕ. Хальхи вăхăтра та пĕр киноустановка ĕçлемест, техника-чарйна-чарăна ĕçлет.

Районта механиксем çитмессĕ. Анчах партипе совет органĕсем киномеханиксем хатĕрлес тĕлĕшпе нимĕн те тумассĕ. 1951—1952 çулсенче район киномеханиксен шкулĕсемпе курсĕсене вĕренме çынсем ямасна пĕрех.

Районти киномеханиксемпе мотористсенчен çиччĕшĕ кăна профсоюз членĕнче тăрассĕ. Кинофикаци кадрсен вĕренĕвне йĕркелемен. Механиксен идейăллă-политикăллă тата техникăллă пĕлÿлĕхĕсене ÿстерме кружоксем, çавăн пекех семинарсем организацилемен, вĕсем валли политикăллă докладсемпе калаçусем иртермессĕ. Çирĕплетнĕ йĕрке тăрăх, кашни уйăхра икĕ хут механиксен кунне иртермелле. Анчах вĕсене сайра хутра çеç иртерессĕ, иртерсен те ятне çеç тăвассĕ. Республикăра та, районта та лайăх ĕçлекен механиксем пур, анчах вĕсен паха опытне сарас ĕçе районта йĕркелемен. Çавăнпа та киномеханиксем социализмлă ăмăртăва хутшăнман.

Кино кăтартасси уйрăмăнах ялсенче начар. Чылай ялсенче кино кăтартма юрăхлă çурт-йĕрсем çук. Механиксем ялсене тăрăх çÿремелли маршрута пăсассĕ. Çавна пула ăнтĕ Малиновка ялĕнче тата Ярапайкасси, Хăймалакасси ял Совечĕсенчи хăшпĕр ялсенче 1951—52 çулсен хушшинче пĕрре те кино кăтартман.

Районта кинокартинăсене билетсăр тата укçасăр кăтартасси пĕтерĕлмен. Ку енĕпе райсовет исполкомĕн кинофикаци пайĕ начар ĕçленинчен килнĕ. Çакă та тĕлĕнтерет: кинофикаци пайĕн ĕçлеме вырăн те, сĕтелĕ те, пукане те çук.

ВКП(б) Муркаш райкомĕ ĕçсыннисене коммунизмла воспитани памалли лайăх майпа—кинопа çителĕклĕ усă курмасть. Кино кăтартас пĕтĕм ĕçе йĕркелессине пĕтĕмпех кинофикаци пайĕ çине шанса, анчах унăн ĕçне пĕрре те тĕрĕслемен. Райком кино кăтартас ĕçе вăйлатасси çинчен ВКП(б) ЦК-н постановленийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшмасть.

Ялсенче киносеанс начар иртессĕ: кăтартма питĕ кая юлса тытăнассĕ, кинокартина лентисем час-часах татăлассĕ, кинори кадрсем тĕксĕм курăнассĕ.

Кино пирĕн парти алăнче вăйлă тата хăватлă идейăллă хĕçпăшал пулса тăрать. Вăл массăсене коммунизмла воспитани пама пулăшать. Парти кино вăй-хăватне яланах хаклать, çавăнпа та ун умне яланах агитациллĕ-пропагандăллă пысăк задачăсем лартать. «Кино—массăллă агитацин вăйлă хĕçпăшалĕ»,—тенĕ Сталин юлташ.

Кино задачи—совет çыннисене коммунизм тăвас ĕçре хавхалантарса пырасси, халăхсен культурине тата пултарулăхне ÿстересси. Парти киноискусствăна халăх тивĕçлĕхĕ туса хучĕ, ăна коммунизм тунă çĕрте халăхшăн ĕçлеттерет. Пирĕн документлă тата художествăллă фильмсем совет çыннисен пурнăçне, совет çыннисен кĕрешĕвне çителĕклĕнех тĕрĕс кăтартса парассĕ. Çавăнпа та кинон хăватлă вăйĕпе парти организацийĕсен идеологиллĕ, культурăллă тата политикăллă ĕçсенче анлă усă курас пулать.

Халăха кино кăтартас ĕçе лайăхлатассишĕн тăрăшасси—парти комитечĕсен пысăк задачи.

А. АНТОНОВА.

*Стахановецсен трибуни*

# Производствăна вăйлататпăр

Пирĕн çĕршывра кашни çын ĕçне, вăл мĕнле вырăнта ĕçленине пăхмасăр, пысăка хурса хаклассĕ. Чапа тухнисене орденсемпе медальсем е Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне парассĕ. Çакă вăл ĕçсыннисен пусарулăхне хăпартма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме хавхалантарать. Фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе совхозсенче тата строительствăра стахановецсемпе ударниксен йышĕ кунтан-кун ÿссе пырать.

Вăрмарти сĕтел-пукан тăвакан фабрикăра рабочисене, служащисене, инженерсемпе техниксене ĕçлеме, вĕренме, канма лайăх условисем туса панă. Фабрика çултан-çул çĕнĕ оборудованипе пуянланса пырать. Юлашки вăхăтра пăс хуранĕ, пăспа ĕçлекен агрегат илсе килчĕç. Хăма çуракан цех туса унта çĕнĕ рама вырнаçтарчĕç, машина цехĕнче çĕнĕ станоксем лартрĕç. Ку кварталта çĕнĕрен тата çичĕ станок илсе киле. Производство культури хăпарать.

Сталин самаинчи çак телейлĕ пурнăçшăн манăн чунăм савăнать тата та хастарăхрах ĕçлес килет.

Пирĕн коллектив тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармасть. Вăл Тăван çĕршыва валли нумай сĕтел-пукан ытларах кирлине лайăх пĕлет.

Фабрикăра хисеплĕ заказсене срокчен, пысăк пахалăхпа пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăрту вăйланса пырать. Ăмăртура яланах пирĕн машиннăй цех паха тĕслĕхсем кăтартать: пысăк пахалăхлă детальсем туса кăларать, заданине ялан иртерсе пурнăçлать. Иртнĕ кварталта цехри стахановецсемпе ударниксен йышĕ икĕ хут ÿсрĕ.

Эпĕ фабрикăра чылай çул хушши ĕçлетĕп. Малтанхи вăхăтра производство майĕшăн çĕнĕ ялла пулнă, унпа тĕпĕлĕн паллашма нумай вăй хума лекрĕ.

Эпĕ гнутарь (авакан) пулма тăрăшрăм. Тăрăшсан, юратса тусан, çĕнтереймен ĕç çук, тессĕ. Чăн та çапла. Эпĕ нивĕçĕ çул хушшинче ĕçе лайăх вĕренсе çитрĕм. Малтанхи çулсенче ĕç нормине тултарма йывăрччĕ. Çавăнпа ĕçе çăмăллатмалли пур майсене те тĕпчесе вĕренме лекрĕ. Цехри паллă стахановецсем ĕçне лайăх паллашма, техникăна вĕренме пулăшрĕç.

Халĕ производство манăн çĕнĕ ĕç мар. Анчах ку пĕрре те киленсе ĕçлемелле тенине пĕлтермест. Кашни рабочин пусарулăхĕ пулма, производствăна çĕнетсе лайăхлатма тăрăшас пулать. Малта пыракан рабочисем хăй нормисемпе кăна мар, çĕнĕ нормисемпе ĕçлессĕ, стахановла ĕçпе çĕнĕ нормăсем туса пулăшассĕ. Эпĕ те технологи процесне лайăхлатма, цехри станоксен тухăçлăхне ÿстерме паха сĕнÿсем паратăп.

Ман пата М. Воремеева, В. Сидорова станочницăсем хатĕрлесе детальсене илсе пырассĕ. Эпĕ çав детальсене пăспа авма тытăниччен тĕрĕслетĕп. Йывăç сийне, вăл хăй вăл авăнма пултарнине пăхатăп, начаррисене бракласа техникăлла контролера паратăп. Вара кашни деталĕн хулăмĕшне, вăл мĕнле йывăçран пулнине кусласа паратăп. Паринкре детальсене мĕн чухлĕ вăхăт хушши тытса тăмалли тата хулăмĕшĕнчен килет. Детальсене паринкре инструкци çинче кăтартнă чухлĕ тытас пулать. Пĕр минут хушши ытларах е сахалрах тытни те ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме е чакарма пултарать. Çавăнпа ĕçре кашни минут, кашни секунд хаклă.

Паринкри кăларнă детальсене çийĕнчех шаблон çине хурса аватăп та çирĕп сыхса хуратăп. Вара вĕсене ОТК контролерĕсем пăхса типĕтекен цеха ăсатассĕ.

Ĕçе пĕлсе туни, ĕç вăхăтне туллин усă курнипе сменăра 470 вырăнне 600—700 таран пукан ури аватăп, кресло урисене 200 вырăнне 300—350, вокзал диванĕн урисене 150 вырăнне 200 аватăп.

Детальсене лайăх авма пĕлни чылай материал перекетлеме май парать. Эпĕ кашни уйăхрах юлташсенчен 6—7 процент ытларах материал перекетлетĕп.

Пирĕн фабрикăра продукци хăйне ларакан хакне кашни операци тăрăх йÿнетессишĕн социализмлă ăмăрту вăйланса кайрĕ. План тăрăх продукци хăйне ларакан хакне 5 процент йÿнетмелле пулсан, эпир 7—8 процент йÿнетме тăрăшатпăр.

В. ВИКТОРОВ.



Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнче.

1. **Сулахайри ÿкерчĕк çинче:** комбинатри чи лайăх столярсем — М. Ф. Зиминпа (сулахайри) К. И. Леонтьев юлташсем. Ĕç нормине яланах 1,5—2 хут тултарса пырассĕ. 2. **Сылтăмри ÿкерчĕк çинче:** сĕтел пайĕсене лакпа сăрлассĕ. Малти вырăнта — Е. С. Прокопьева юлташ, вăл ĕç нормине 400 процент таран тултарать. Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕсем.

# Совет Правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панă нота пирки урăх çĕршывсенче мĕн çырассĕ

## *Германи*

БЕРЛИН, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинри демократиллĕ хаçатсем Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки хĕвеланăçĕнчи виçĕ державăна панă нота çинчен çаплах нумай çырассĕ. Нимĕç халăхĕ миршĕн тата Германие çĕнĕрен пĕр государство туса хурассишĕн кĕрешĕве вăйлатса пынине палăртса, «Нейес Дейчланд» хаçат паянхи умстатьяра çапла çырать:

«Совет Союзĕ майăн 24-мĕшĕнче хĕвеланăçĕнчи державăсене панă нота çав тĕллев тахçан малашне пурнăçланмалли ĕмĕт пулмалла маррине, ăна çывăх вăхăтрах чăннипех те пурнăçлама май килнине кăтартса пачĕ. Çакна ăнланса илес тесен, Совет Союзĕ Германипе мирлĕ договор тăвас пирки пĕр тăхтаса тăмасăрах калаçусем пуçлама сĕннине миллионшар нимĕçсем тата Европăри мĕнпур халăхсем мĕн тери хĕрÿллĕн ырлани çине пăхни те çителĕклĕ. Çакна ăнланса илес тесен, пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, суверенитетлă Германи тума ыйтнине тĕнчери никам çĕнтерейми социализмлă держава хÿтĕленине пĕлни те çителĕклĕ».

Германири нациллĕ-демократиллĕ партин «Националь цейтунг» хаçачĕ çакна палăртать: «Совет Союзĕн мирлĕ сĕнĕвĕсем, СССР правительствин майăн 24-мĕшĕнчи нотинче çĕнĕрен каласа панăскерсем, Германин ирĕклĕхне, никама пăхăнманлăхне, мирлĕ тата ырă пурнăçне туса хума пысăк шанчăк парассĕ. Çав вăхăтрах «пĕтĕмĕшле договорта» Хĕвеланăç Германие хĕвеланăçĕнчи державăсен çар блокне кĕртме палăртнă. Çав договор Хĕвеланăç Германие нумай вăхăтлăха урăх державăсене пăхăнса тăракан çĕршыв туса хурать. Совет Союзĕ тума сĕнекен мирлĕ договор пĕтĕм Германие никама пăхăнман тата управлени ĕçĕсене хăй тĕллĕн туса пыракан государство пулса аталанма май парать».

Германири христиан-демократсен союзĕн «Нейе Цейт» хаçачĕ умстатьяра çапла çырать: «Совет Союзĕн ноти Германи ыйтăвне хăвăрт татса пама кирлине, пĕр тăхтаса тăмасăрах пĕрле пухăнса калаçнипе ку ыйту тăрăх хăвăрт пĕр-пĕрне ăнланса илме май пуррине уйрăмах палăртать». Çак нотăна халăхсем пур çĕрте те ырлассĕ, нота Совет Союзĕ хăйĕн сулне яланах çирĕп тытса пынине кăтартса пачĕ», тесе çырать хаçат.

Германири либерал-демократсен партийĕн «Дер морген» хаçачĕ Карл Хаман доктор çырнă статьяна пичетленĕ. Статьяра çапла каланă: «Эпир Совет Союзне вăл çĕнĕ нота янăшăн тав тăватпăр. Унти усăмлă тата пĕр-пĕрине çыхăнса тăракан сĕнÿсем нимĕç халăхне пулăшассĕ: Германии пĕр пайне (Хĕвеланăç Германие.—Ред.) хирĕç хĕвеланăçĕнчи империалистсем инкек кÿрекен ĕçсем тума тăрăшнă вăхăтра, çав нотăри сĕнÿсем нимĕç халăхне пулăшассĕ».

Хĕвеланăç Германири хаçатсем те Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки майăн 24-мĕшĕнче панă нота çинчен нумай çырассĕ.

«Вестдейче альгемейне цейтунг» хаçат Совет правительстви хĕвеланăçĕнчи державăсене панă нота çинчен пĕлтерекен хыпара «Мускав мирлĕ конференци иртерессишĕн тăни çинчен пĕлтерчĕ. Совет Союзĕ малашне те нотăсем парса илессине хирĕç» ятлă заголовокпа пичетлесе кăларнă. «Дюссельдорфор нахрихтен» хаçат заголовокра «Совет Союзĕ пĕр тăхтаса тăмасăрах тăватă держава конференцине пухма çĕнĕрен ыйтать», тесе уйрăмах палăртать.

Совет правительстви Германи ыйтăвне хăвăртрах татса парасси çинчен сĕнÿсем панă пирки тата Аденауэр вăрçа хатĕрленмелли политика тытса пынă пирки сырса, «Бадише альгемейне цейтунг» хаçат çакăн пек вывод тăвать: Бонри правительствăна хĕссĕ ăна вырăнтан тухмалла тăвас пулать, тет. Аденауэр правительствине тахçантанпах ĕнтĕ «нимĕç халăхĕ шанми пулнинс» хаçат уйрăмах палăртать.

БЕРЛИН, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германин ДПА агентстви Германири социал-демократсен партийĕн правленийĕн заявленийĕ çинчен пĕлтерне. Заявленире Германири социал-демократсен партийĕн правленийĕ Совет правительствин нотинчи хăшпĕр вырăнсене хирĕç çырать. Çав вăхăтрах асăннă правлени Совет Союзĕ пĕр тăхтаса тăмасăрах тăватă державăсен калаçăвне иртерме сĕннине ырă шухăш тесе хаклать. Германири социал-демократсен партийĕн правленийĕн шучĕпе, çавăн пек калаçусене иртерни Германишĕн кăна мар усăллă, пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварма та калаçусем иртерни кирлĕ. Германири социал-демократсен партийĕн правленийĕ «нотăсем парса илсе пĕр-пĕринпе тавлашнипе» Германи ыйтăвне çывăх вăхăтра татса пама май килмест тенипе килĕшет. Германири социал-демократсен партийĕн правленийĕн заявленийĕнче çапла каланă: «Германин ирĕк хăш пайĕнчи пĕр правительство та Германи ячĕпе ĕç тума тата обязательствăсем илме пултараймасть».

## *Китай Халăх Республики*

ШАНХАЙ, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Шанхайри хаçатсем паян Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панă нотăна пичетлесе кăларнă.

«Дагунбао» хаçат Германипе мирлĕ договор тăвасси, пĕтĕм Германи правительствине туса хурасси тата Германие мирлĕ майпа пĕрлештересси çинчен тăракан ыйту хальхи вăхăтра Европăри питĕ пысăк ыйту пулса тăнине палăртать.

Хаçат çапла çырать: Совет правительстви США, Англи тата Франци правительствисене янă нота пĕтĕм тĕнчери мĕнпур халăхсене Германи тĕлĕшпе икĕ политика пуррине уççăнах ăнланса илме май пачĕ. Совет Союзĕн политики мире, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ тата мире юратакан Германи тăвас ĕçе хÿтĕлет; Пĕрлешÿллĕ Штатсем ертсе пыракан хĕвеланăçĕнчи державăсен политики Германие пайлас, Хĕвеланăç Германирен агрессиллĕ çĕнĕ вăрçă пуçламалли плацдарм туса хурас тĕллев тытса пырать.

СССР правительстви майăн 24-мĕшĕнче панă нота, тесе çырать хаçат, США, Англи тата Франци правительствисем Германи ыйтăвне татса парас ĕçре тĕрлĕ чăрмавсем кăларса тăратнине пĕтĕмпех тăрă шыв çине кăларать, çавăнпа пĕрлех тата Германипе мирлĕ договор тумалли тата çав çĕршыва мирлĕ пĕрлештермелли çула лайăх кăтартса парать.

## *Польша*

ВАРШАВА, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри хаçатсем Совет правительстви хĕвеланăçĕнчи державăсене панă нота çинчен çаплах нумай çырассĕ.

«Жице Варшавы» хаçат умстатьяра çапла çырать: Хĕвеланăçĕнчи державăсене Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки çырнă нотăна панипе пĕр вăхăтрах темелле Бонра, 25 пин полицейски хуралласа тăнипе, Ачесон, Иден, Шуман тата Аденауэр вăрçа хатĕрленмелли сепаратнăй договор çине алă пуснă. Çапла вара, Германи пирки икĕ çул пурри уйрăмах уççăн палăрчĕ: пĕри вăл—Совет Союзĕпе пĕтĕм мир лагерĕ яланах çирĕп тытса пыракан çул, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ тата мире юратакан Германи туса хумалли çул; тепри вăл—империалистсен çулĕ, Германие пайламалли тата унăн хĕвеланăçĕнчи пайне Америкăпа гитлеровецсен агрессиллĕ планĕсене пурнăçламалли плацдарм туса хумалли çул.

## *Чехословаки*

ПРАГА, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки халăхĕ Совет правительстви кăçалхи майăн 24-мĕшĕнче янă нотăра панă сĕнÿсене, унта Германи ыйтăвне нимĕç халăхĕн, унăн кÿршисен тата мире юратакан пĕтĕм этемлĕхĕн интересĕсемшĕн усăллă татса парас тĕлĕшпе палăртнă принципсене пĕтĕмпех ырлать. Чехословакири хаçатсем Совет правительстви ноти пирки мĕн калани çинчен çырнă материалсене нумай пичетлессĕ. Хаçатсем заголовокĕсенче уйрăмах çакна палăртассĕ: Совет Союзĕн çĕнĕ пуçарăвĕ вăл мирлĕ пурнăç тăвассишĕн яланах çине тăрса тăрăшнине кăтартса парать.

## *Румыни*

БУХАРЕСТ, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене янă нота çинчен Бухарестри хаçатсем халĕ те нумай çырассĕ. «Скынтейя» хаçат «Эпир пĕр тăхтаса тăмасăрах Германипе мирлĕ договор тума ыйтатпăр!» ятлă умстатьяра çакна палăртать:

Германи ыйтăвне йĕркелес тĕлĕшпе Совет правительстви тăвакан кашни ĕçе Румыни халăхĕ хăйĕн шухăш-ĕмĕчĕсене тата хăй мире сыхласа хăварма хытă тăрăшнине палăртни тесе шутлать. Америка империалисчĕсен чее, ултавлă тĕллевĕсене хирĕç, пĕрлĕхлĕ тата демократиллĕ Германи тăвассишĕн Совет Союзĕ яланах хытă тăрăшнине Румынири ĕçсыннисем ССР Союзĕ тата И. В. Сталин юлташ тÿремменех Румыни государствин никама пăхăнманлăхĕпе суверенитетне сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн тăрăшни тесе шутлассĕ.

Совет Союзĕн тулашри политикине прогрессивнăй пĕтĕм этемлĕх пĕр шухăшлă пулса ырлать тата ăна хытă хÿтĕлет, мĕншĕн тесен çав политика пĕтĕм тĕнчери мире юратакан çĕршер миллион çынсен интересĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать. Ирĕклĕхе юратакан Румыни халăхĕ пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ Германи тăвассипе хытă интересленет, çавăн пек Германи тăвассишĕн тăрать. Румынин халăхĕ Германири демократиллĕ вăйсене, мирпе пĕрлĕхшĕн кĕрешекен çынсене хисеплет, вĕсемпе пĕр кăмăллă пулнине кăтартса парать.

# Шкулсене çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрлесси çинчен

### Район Совечĕн сессийĕнче

СОВЕТСКИ. Район Совечĕн черетлĕ сессийĕ шкулсене çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрлесси çинчен сÿтсе яврĕ.

Районти чылай ял Совечĕсем шкулсен ĕçĕсене лайăхлатассишĕн куллен тăрăшассĕ. Ялти общественность тăрăшнипе пĕлтĕр Шĕмшешре виçĕ класлă шкул çурчĕ, Степан Разин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çичĕ çул вĕренмелли шкул çурчĕ тунă. Халĕ учительсене пурăнма тепĕр çурт лартассĕ, шкул участокĕ тавра карта тытассĕ.

Хучаш, Турай ял Совечĕсенчи ĕçсыннисем те шкулсене вĕренÿ çулне хатĕрлес тĕлĕшпе лайăх ĕçлессĕ.

Муркашсен пуçарăвне сÿтсе явнă хыççăн; Чемей ял Совечĕ кĕске вăхăт хушшинче шкул тата учительсен хватерĕсем валли 100 кубометр вутă хатĕрленĕ.

Анчах хăшпĕр ял Совечĕсем шкулсене çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрлес тĕлĕшпе сителĕксĕр ĕçлессĕ. Уйрăмах шкул çурчĕсене юсас ĕç çине питех те сиелтен пăхассĕ. Шкул çурчĕсене юсама уйăрнă укçа-тенкĕрен, çулталăк пуçланнăранпа пилĕк уйăх иртет пулин те, районти финанс пайĕ пĕр пус та уйăрса паман. Пĕлтĕр шкулсем валли уйăрнă укçана кĕркунне тин панăччĕ. Финанс пайĕнче ĕçлекенсем кăçал та пĕлтĕрхи йăнăша тăвас çул çине тăнă.

Çурт-йĕрсене юсама нумай шкулсенче строительство материалĕсем хатĕрлемен. Вĕсене райпотребсоюзăн кÿрсе килмелле. Анчах вăл ку тĕлĕшпе çаврăнусăр ĕçлет.

Учительсем валли пурăнмалли çуртсем тăвас, вĕренÿре кирлĕ хатĕрсене юсас тата çĕнĕрен илес тĕлĕшпе те çитменлĕхсем палăрассĕ.

Сесси шкулсене çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрлес тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

Я. СИГАЙ.

# Заводри кадрсен экономикăллă вĕренĕвĕ

Социализмлă экономика ыйтăвĕсене вĕренесси, кадрсен экономикăллă пĕлĕвĕсене ÿстересси—парти организацийĕсен питех те кирлĕ ĕçĕ. Техникăпа экономикăна тата укçа-тенкĕ хуçалăхне пĕлмесĕр коммунизм строительствин практикăллă задачисене тĕрĕс татса пама хĕн.

Куславккари çуртсем тăвакан заводра иккĕмĕш çул ĕнтĕ политэкономине вĕренмелли кружок ĕçлет. Кружок занятийĕсене производство командирĕсемпе медицина работникĕсем—пурĕ 24 çын çÿрессĕ. Вĕсем, тĕрлĕрен шкулсем пĕтернĕ пулин те, политикăллă пĕлÿ тĕлĕшĕнчен пĕр шайра тăрассĕ. Иртнĕ çулсенче вĕсем «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» кружокра ăнăçлă вĕреннĕ, ун хыççăн марксизм-ленинизм классикĕсен уйрăм произведенийĕсене харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ. Çав юлташсем вара малашне экономика ыйтăвĕсене вĕренме хапăл турĕç. Заводри партбюро, ВКП(б) райкомĕ ирĕк панипе, 1950 çулта политэкономине вĕренмелли кружок организацилерĕ. Кружок ĕçне ертсе пыма мана хушрĕç.

Малтанхи вăхăтра кадрсен экономикăллă вĕренĕвне йĕркелесси пирки манăн кăштах шикленни те пурччĕ. Анчах та пропагандист ĕçĕнче 25 çул хушшинче туяннă опыт йывăрлăхсене çĕнтерме пулăшрĕ.

Кружок ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕ парти вĕренĕвĕ валли кăтартса панă план тăрăх ĕçлет. Занятисем марксизм-ленинизмăн ВКП(б) хула комитечĕсем çумĕнчи каçхи университечĕсенче политэкономипе вуланă лекцисем тăрăх пулса пырассĕ. Пурĕ 43 занятиленĕ иртерне.

Кружок членĕсем пурте пекех занятисене йĕркеллĕ çÿрессĕ, активлă вĕренессĕ. Экономикăллă пĕлÿ туянас енĕпе уйрăмах А. Родионов, И. Клочков, А. Михеев, Н. Лысякова, Н. Павлова, И. Чумаков, М. Сорокин тăрăшса ĕçленине палăртмалла. Вĕсем планпа сĕннĕ пур литературăна та килте тĕплĕн вуласа тухассĕ тата конспект çырассĕ. И. Петров, А. Белова тата ытти хăшпĕр юлташсем хăйсем ăнланман ыйтусене пропагандистран е урăх юлташсенчен ыйтса пĕлессĕ.

Вĕренÿ ăнăçлăхĕ занятисен идейăллă шайĕнчен, пропагандист пултарулăхĕнчен нумай килет. Эпĕ занятисене çапла меслетпе иртеретĕп: çĕнĕ темăна малтан хам каласа, ăнлантарса паратăп. Вĕренекенсем килте хатĕрленнĕ хыççăн, тепĕр занятире юлташла калаçу иртеретпĕр. Вĕренекенсем пĕрин отвечĕ çумне тепри хушса калани материала тарăнрах ăнланма, вĕсен вĕренÿри активлăхне ÿстерме пулăшать.

Кружок членĕсен активлăхĕ мĕнле пулнине, тĕслĕхрен, пĕр заняти çинчен çырса кăтартнинчен те курма пулать. «Империализм—капитализмăн çÿлти сыпăкĕ» темăпа иртнĕ занятире вĕренекенсем пурте тухса калаçрĕç. Заводри сывлăха сыхлакан пунктра ĕçлекен А. Белова юлташ В. И. Ленин асăннă произведение çырнă вăхăтри историллĕ лару-тăру çинчен каласа кăтартрĕ. Çуртсем тăвакан цех технологĕ В. Выростайкин юлташ тата хăма çуракан цех начальникĕ Г. Орлов юлташ унăн отвечĕ çумне хушса каларĕç. Выростайкин юлташ: В. И. Ленинăн «Империализм — капитализмăн çÿлти сыпăкĕ» ятлă ĕçĕ Карл Марксăн «Капиталне» малалла творчествăллă аталантарни пулать тата экономикăллă вĕрентĕве малалла пуянлатни пулать, тесе палăртрĕ. Г. Орлов юлташ уйрăмах В. И. Ленин экономикăллă наукăри партилĕхшĕн кĕрешни çинчен чарăнса тăчĕ. Малаллахи ыйтусем çине И. Клочков, П. Данилов, Н. Павлова, Н. Лысякова тата А. Михеев юлташсем ответлерĕç. Вĕсем империализмăн пилĕк тĕп палли çинчен усăмлăн каласа кăтартрĕç. Ытти вĕренекенсем вĕсен отвечĕсенче пулнă хăшпĕр кăлтăксене тÿрлетрĕç.

Кружок членĕсем В. И. Ленинăн «Империализм—капитализмăн çÿлти сыпăкĕ» кĕнекине вĕреннĕ чухне журналсемпе хаçатсенче пичетленнĕ материалсемпе усă курчĕç. Сăмахран, В. Серегин çырнă «США-ри монополиллĕ капитал—вăрçă чĕртсе яраканĕ», Рубинштейн çырнă «США экономики вăрçă пуçаракансемшĕн ĕçлени» тата И. Дворкин çырнă «Англи империализмĕ çĕрсе пыни» ятлă статьясемпе паллашнă.

Эпир хамăр кружокра капитализм политэкономине вĕреннипех чарăнса тăмастпăр, социализм политэкономине те тăрăшса вĕренетпĕр. Сăмахран, капитализмла çĕршывсенче укçа-тенкĕпе кредит мĕнле вырăн йышăнса тăнине социализмлă хуçалăхри кредитпа тата ĕç укçипе сыхăнтарса вĕреннĕ. Çак ыйтусене лайăхрах ăнланма К. Федосеевăн «Социализмлă предприятисен оборотри тата тĕп средствисемпе усă курни», В. Батыревăн «СССР халăх хуçалăхĕнче кредит мĕнле вырăн йышăнса тăрать», Д. Копаковăн «Социализмлă обществăри ĕç укçи» тата ытти статьясем вуланă.

Политэкономи учебникĕ çукки, паллах ĕнтĕ, кружок ĕçне чылай йывăрлатать. Апла пулин те кружок членĕсем умри йывăрлăхсене чăтăмлăн сиреççĕ, экономикăллă наукăна çине тăрса вĕренессĕ. Вĕсем вĕренме кирлĕ литературăна хăйсен библиотекисенче тытассĕ. Кружок членĕсен кашниннех В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн тĕп произведенийĕсем, Карл Марксăн «Капиталĕ», Ф. Энгельсăн «Çемье, уйрăм харпăрлăх тата государство пуçланса кайни» кĕнекисем пур. Заводăн главнăй бухгалтерĕ А. Родионов юлташ В. И. Ленин сочиненийĕсене пĕтĕмпех çырăнса илет.

Пирĕн кадрсем хăйсен экономикăллă вĕренĕвне завод умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас тĕллевпе çыхăнтарассĕ. Производство начальникĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, таварăн хăйне ларакан хакне чакарассишĕн, чĕртаварсене, топливăна тата электроэнергие перекетлессишĕн ăнăçлă кĕрешессĕ. Политикăллă тата экономикăллă пĕлÿ туянни кадрсене ĕçре ÿсме, производствăра çитĕнÿсем тума пулăшать. А. Вавилов юлташа, унăн политикăллă пĕлĕвĕпе организаторла пултарулăхне кура, цех начальникĕнчен завод директорĕн заместителĕ пулса ĕçлеме лартнă. Нормировщица пулнă А. Майорова юлташ кружокра вĕреннĕ çулсенче ВКП(б) ретне кĕчĕ, заводăн ĕçе организацилекен пайĕн начальникĕнче ĕçлеме пуçларĕ. Производствăра уйрăмах палăрнăшăн кружок членĕсенчен 4 çынна СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерстви «Социализмлă ăмăрту отличникĕ» значокпа наградăланă, 4 çынна заводри хисеп кĕнеки çине кĕртнĕ. Производствăпа техника пайĕн начальникне А. Михеев юлташа правительство Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă. Вăтă специалист К. Кочетков юлташ хăйĕн рационализаторла сĕнĕвĕсемпе производствăна лайăхрах йĕркелеме, государство укçине нумай перекетлеме пулăшнă.

Кружокра вĕренекенсем пурте заводри партиллĕ-массăллă ĕçе активлă хутшăнассĕ, рабочисем хушшинче политикăллă тата экономикăллă темăсем тăрăх калаçусем иртерессĕ. Виçĕ коммунист цехри партоорганизацисен секретарĕсем пулса ĕçлессĕ, тепĕр виçĕ çын комсомолецсен политкружокĕсене ертсе пырассĕ. Силовой станци начальникне А. Кондаков юлташа заводри партбюро членне суйланă.

Кружок членĕсем государствăн кăçалхи заемне сарас тĕлĕшпе активлă ĕçлерĕç. Вĕсем государствăна хăйсен виçĕ эрнери ĕç укçине кивçен панипе пĕрлех, çĕнĕ заем пĕлтерĕшĕпе вырăнĕ çинчен рабочисене ăнлантарса пачĕç.

Кăçалхи вĕренÿ çулĕнче кружок хăйĕн ĕçне вĕçлет. Çитес вĕренÿ çулĕнче пирĕн кадрсем диалектикăллă тата историллĕ материализм вĕренме шутлассĕ.

ВКП(б) Куславкка райкомĕн парткабинечĕ заводри политшкулсемпе кружоксене консультаципе методикăллă пулăшу кирлĕ пек парса тăраймасть. Çавăнпа та çĕнĕ вĕренÿ çулĕнче хамăр заводра парткабинет уçас ыйту çинчен тухса тăрать. Çакна тума кирлĕ условисем пурте пур.

Д. ЛИПАТОВ,
пропагандист.

# Тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисем тӗлӗшпе Америка агрессорӗсем юнлӑ ӗҫсем тунине хирӗҫ тарӑхса протестлени

## *Мускав хулинчи ӗҫҫыннисен митингӗ*

Америка агрессорӗсем мире юратакан Корея халӑхне хирӗҫ вӑрӑ-хурахла вӑрҫӑра ҫынсене массӑллӑн пӗтермелли чи тискер хатӗрсемпе—бактери тата хими хӗҫпӑшалӗсемпе усӑ кураҫҫӗ. Хӑйсен тискерлӗхӗпе вӗсем Гитлер палачӗсенчен те иртсе кайнӑ.

Америкӑн иртӗхнӗ ҫар ҫыннисем ҫӗнӗрен тунӑ тискерле ӗҫсем пӗтӗм тӗнчене тӗлӗнтерчӗҫ. Америка интервенчӗсем мирлӗ пулнӑ Корея ҫӗршывӗн Кочжедо утравне вилӗм утравӗ туса хучӗҫ. Вӗсем кунта тыткӑна лекнӗ Корейӑпа Китай салтакӗсем тӗлӗшӗнчен юнлӑ ӗҫсем тӑваҫҫӗ: микробсемпе атомлӑ хӗҫпӑшалӑн вилӗм хӑватне тӗрӗслес шутпа газсем тата тӗрлӗ наркӑмӑшсем ярса вӗсене асаплантарса вӗлереҫҫӗ. Тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене асаплантарса вӗлернине Кочжедо утравӗ ҫинчи Америка лагерӗсен коменданчӗсем те йышӑннӑ. Америка ҫар ҫыннисем пӗтӗм тӗнчери халӑхсем йышӑннӑ правӑна сӑнсӑррӑн пӑсаҫҫӗ.

Этемлӗхпе цивилизацин чи тискер тӑшманӗсем пӗр закона кӑна пӗлеҫҫӗ: вӑл закон—ҫарату законӗ, ҫынсене массӑллӑн пӗтермелли закон.

Америка ҫар ҫыннисен халиччен этем илтмен тискерлӗхӗ пӗтӗм совет халӑхне тарӑхтарать.

Ӗнер Мускавра Советсен ҫурчӗн Колоннӑллӑ залне пирӗн Тӑван ҫӗршыв столицинчи ӗҫҫыннисен представителӗсем хулари митинга пухӑннӑ. Вӗсем унта хӑйсен чӗринче этемлӗхе юратнине кӑтартакан шухӑша, пӗтӗм тӗнчери мир ӗҫне тӗреклетессишӗн хӑйсен пӗтӗм пурнӑҫне пама хатӗр тӑнине кӑтартакан шухӑша тытса пынӑ.

Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Мускав комитечӗ, Хӗрлӗ Хӗреспе Хӗрлӗ Ҫурӑйӑхлӑх обществисен Мускав хула комитечӗ, профессиллӗ союзсен Мускав хула Совечӗ хушнипе митинга академик И. Г. Петровский уҫать.

ҫынсене хӗртнӗ тимӗрпе асаплантараҫҫӗ, пуҫ хӗрлӗ ҫакса тӑратаҫҫӗ, сӑмса шӑтӑкӗсенчен шыв яраҫҫӗ. Американецсем вӑрттӑн тунӑ лабораторисенче тыткӑнри ҫыннисемпе опыт тумалли выльӑх вырӑнне усӑ кураҫҫӗ. Вӗсем ҫинче хӑруҫӑ ядсен тата вӗлерекен бактерисен хӑватне тӗрӗслеҫҫӗ. Кочжедо утравӗ ҫинче халӗх Освенцим, Майданек, Бухенвальд тискерлӗхӗсем ҫуралса тухрӗҫ.

Кочжедо утравӗ ҫинчи лагерь коменданчӗ пулнӑ Чарльз Колсон пӗтӗм тӗнче умӗнче американецсем тыткӑнри ҫынсем тӗлӗшпе тӗнче умӗнче тунине йышӑнчӗ. Анчах вӑл йышӑннисемсӗр пуҫне те сӗршер доказательствӑсем, ҫак хӑрушӑ тӗрӗслӗха тӳссе ирттернӗ тата хӑсӑртран кӑна вилӗм лагерӗсенчен тарса тухнӑ сӗршер ҫынсен калаҫса пӗлтернисем, тӗрлӗ хаҫатсен корреспонденчӗсем пӗлтернисем пур. Вӗсем пурте ҫакнашкал тискерлӗхпе пусмӑрлаха сирӗплетсе параҫҫӗ.

Тыткӑнри ҫынсене тыткалас тӗлӗшпе халӑхсем хушшинче йышӑннӑ конвенцисен положенийӗсене сӗмсӗррӗн пӑснисемсӗр пуҫне Америка агрессорӗсем халӗ Корейӑра перемири ҫинчен пыракан калаҫусенче ультиматум йӗрӗпе, халӑхсем хушшинчи правӑна тата этемлӗхе юратмалли принципа сӗмсӗррӗн пӑсса, тыткӑна лекнисене «ирӗклӗн» каялла тавӑрса парасси ҫинчен калакан сӗнӳ тӑратаҫҫӗ.

Вӑрҫӑ чарӑннӑ хыҫҫӑн тыткӑна лекнисене пурне те каялла тавӑрса парасси вӑл ку чухнехи тӗнче правинче пурте йышӑннӑ положени пулса тӑрать.

Ҫак положенисене тыткӑна лекнисем пирки калакан чылай конвенцисенче ҫырса хунӑ.

1899 тата 1907 ҫулсенче Гаагӑра йышӑннӑ конвенцисенче, ҫавӑн пекех 1929 тата 1949 ҫулсенче тыткӑна лекнисем ҫинчен йышӑннӑ конвенцисенче тыткӑна лекнисене вӑрҫӑ чарӑннӑ хыҫҫӑн пурне те пӗр хирӗҫсе тӑмасӑр каялла тавӑрса парасси ҫинчен каланӑ.

Асӑннӑ конвенцисенче ҫак правиларан иртекен пӗртен-пӗр положени пур—уголовлӑй ӗҫ пуҫласа янӑ е хӑйӗн айӑплӑ ӗҫӗшӗн тӗрмере ларакан тыткӑнри ҫынсене кӑна тытса чарма пулать.

Пӗрлешӳллӗ Штатсем 1907 ҫулта Гаагӑра йышӑннӑ конвенцие хутшӑннӑ пулсан та, тыткӑнрисем ҫинчен калакан 1929 ҫулхи Женевӑри конвенцие хутшӑннӑ пулсан та, тыткӑнрисем ҫинчен калакан 1949 ҫулхи Женевӑри конвенци ҫине алӑ пуснӑ пулсан та, Америка интервенчӗсем тыткӑна лекнӗ ҫынсене пӗр хирӗҫсе тӑмасӑр каялла тавӑрса памалли принципа сӗмсӗррӗн пӑсаҫҫӗ. Ҫакӑ паллӑ,

асӑннӑ конвенцисем тӑрӑх Пӗрлешӳллӗ Штатсем тыткӑна лекнисем тӗлӗшӗнчен йышӑннӑ обязательствӑсене 1951 ҫулхи июль уйӑхӗнче хӑйсем тепӗр хут ҫирӗплетнӗ. США-н ООН-ри представителӗ Остин Пӗрлешӳллӗ Штатсен правительствин генеральнӑй секретарӗ патне ятарласа янӑ ҫырура Америка ҫарӗсем Корейӑра ҫак конвенцисене пӗр пӑрӑнмасӑр пурнӑҫласси ҫинчен пӗлтернӗ.

Ҫав вӑхӑтрах, ҫак конвенцие пӑхмасӑр Америка Корейӑри перемири ҫинчен пыракан калаҫусенче тыткӑна лекнӗ ҫынсене пӗр ҫын пуҫне пӗр ҫын улӑштарма сӗнет. Ҫапла майпа вӑл тыткӑна лекнӗ 176 пин ҫынран 165 пин ҫынна хӑйӗн аллинче тытса юласшӑн. Каярахпа Америка Корейӑри мирлӗ калаҫусене чӑрмантарас тата Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнче вӑрҫӑ сӗнӗ вӑрҫӑ пусламалли хӑрушлӑха вӑйлатас шутпа тыткӑнрисене «ирӗклӗ» йӗркепе тавӑрса памалли ҫинчен калакан сӗнӳ кӑларса тӑратрӗ.

Америка интервенчӗсем Корейӑпа Китай салтакӗсене вӑйпа хӑйсен патӗнче тытса чарас, вӗсене Чан Кай-шипе Ли Сын Ман бандисен аллине тытса парас тата вӗсене вӑрҫа сарса памалли плана пурнӑҫланӑ чухне тупӑ ашӗ вырӑнне усӑ курас тӗлӗшпе тыткӑнри ҫынсене тискеррӗн, чӑтма ҫук йывӑррӑн асаплантараҫҫӗ, вӗсем ҫине клеймо пусаҫҫӗ. Тыткӑнри салтаксене вӗсем штыксемпе хӑратса тата тискеррӗн асаплантарса «суйласа» илеҫҫӗ. Америка агрессорӗсен вӑрӑ-хурахла ӗҫӗсем мире юратакан пӗтӗм халӑха тарӑхтараҫҫӗ.

Пӗтӗм тӗнчери правӑсен принципӗсемпе ҫураҫуллӑ пулса (вӗсене 1945 ҫулта йышӑннӑ Нюрнбергри трибунал статутӗнче палӑртнӑ тата ООН Генеральнӑй Ассамблейи 1946 ҫулхи декабрӗн 11-мӗшӗнче ҫирӗплетнӗ) пӗтӗм тӗнчери простой ҫынсем Риджуэя, Колсона, Додда, Боутнера тата Корейӑра мирпе этемлӗхе хирӗҫ тӑвакан пысӑк преступленисемшӗн айӑплӑ ытти ҫынсене халӑх судне пама калаҫҫӗ.

Эпир, совет ҫыннисем, ҫак требованисене пӗтӗмпех ырлатпӑр.

Эпир тӗнчери килӗшӳсемпе обязательствӑсене пурин те пӗр пек пӑхӑнса тӑмалла тӑвассишӗн тӑратпӑр. Эпир никама та этемлӗхе хирӗҫ преступленисем тума, ҫак преступленисемшӗн хӑйсене айӑпласран пӑрӑнса юлма памастпӑр.

Мире юратакан халӑхсен этем сӑнсӑпатне сухатнӑ тата тискер кайӑк картне ҫитсе тӑнӑ палачсене ҫаварлӑхламалла, халӑхсем вӗсене ҫаварлӑхлӗҫ.

### Митинга уҫнӑ чухне академик И. Г. Петровский каланӑ сӑмах

Америка агрессорӗсем Кочжедо утравӗпе Пусанра тунӑ юнлӑ тискер ӗҫсем ҫинчен калакан хыпар пӗтӗм тӗнчене вӗҫсе сарӑлчӗ. Этем сӑн-сӑпатне пачах сухатнӑ, этемлӗх моралӗн нормисене ура айне туса хунӑ, хӑйсем алӑ пуснӑ килӗшӳсене сӗмсӗррӗн пӑсакан Америка интервенчӗсем ҫӗнӗрен тунӑ тискер ӗҫсем пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗхе тарӑхтараҫҫӗ.

Китайпа Корея халӑхӗсем Кӑнтӑр Корейӑри Кочжедо утравне, тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисен лагерӗсем вырнаҫнӑ утрава—вилӗм утравӗ теҫҫӗ. Ҫак утрав ҫинче тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене тискеррӗн асаплантараҫҫӗ, пусмӑрлаҫҫӗ, массӑллӑн вӗлереҫҫӗ. Кочжедо ҫинче бактериологи хими лабораторийӗсем туса хунӑ. Кунта ҫынсем ҫинче вӗлерекен газсене, чума, халер тата ытти чирсен микробӗсене сӑнаса пӑхаҫҫӗ.

Кӑҫал Америка ҫар ҫыннисем Корея халӑх ҫарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен тыткӑна лекнӗ салтакӗсем тӗлӗшпе темиҫе хутчен тискерле ӗҫсем турӗҫ. Вӗсем тыткӑна лекнӗ ҫынсене пулеметсенчен персе тата гранатӑсем пӑрахса вӗлернӗ.

Тӗнчери килӗшӳсем тӑрӑх, тыткӑна лекнӗ ҫынсене вӑрҫӑ ӗҫсем чарӑннӑ хыҫҫӑн вӑрҫӑ вӑрҫакан икӗ енӗн те ним хирӗҫсе тӑмасӑр каялла тавӑрса памалла пулсан та, Америка агрессорӗсем тыткӑна лекнӗ ҫынсене «ирӗклӗ» майпа тавӑрса парассишӗн тӑрӑшаҫҫӗ, вӗсенчен нумайӑшӗ хӑйсен тӑван ҫӗршывне каялла таврӑнасшӑн мар тесе тӗрлӗ суя сӑмахсем сараҫҫӗ. Чӑннипе илсен ҫак палачсем киле таврӑнасшӑн пулнӑ ҫар ҫыннисене вӗлерессипе хӑратса хӑйсем патӗнче тытса юласшӑн. Шӑпах та ҫавӑнпа ӗнтӗ Америка преступникӗсем Кочжедо лагерӗнче тата ытти лагерьсенче тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене тискеррӗн асаплантараҫҫӗ. Вӗсем тыткӑна лекнӗ салтаксене вӗлерсе пӗтерес тата чуралантарас тӗлӗшпе хӑйсем патӗнче тытса юлма тӑрӑшаҫҫӗ.

Америка агрессорӗсем тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене тискерле асаплантарнине пытарса хӑварма тӑрӑшрӗҫ, анчах чӑнлӑха тӗнчери обществӑллӑ шухӑшран

пытарса хӑварма ҫук. Тыткӑна лекнӗ Корейӑпа Китай салтакӗсем Америка агрессорӗсен этемлӗхе хирӗҫ пыракан ӗҫӗсене хирӗҫ паттӑррӑн тӑнипе Америка лагерӗсенчи тискер ӗҫсем пӗтӗм тӗнчене палӑрчӗҫ. Кочжедо утравӗ ҫинчи лагерь коменданчӗн Колсон генералӑн ҫакна йышӑнмалла пулчӗ: «...эпӗ Пӗрлешӳллӗ нацисен ҫарӗсем тыткӑна лекнӗ нумай салтаксене вӗлерсе тата амантса та юхтарнисем пулнине йышӑнатӑп». Колсон ҫавӑн пекех ҫар ҫыннисене ирӗксӗрех хӑйсем патӗнче хӑвармалла тунине те йышӑннӑ.

Колсон генерал чӑнлӑха йышӑнни Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсен пуҫ пулса тӑракан ушкӑнӗсене сехӗрлентерсе ӳкерчӗ. Анчах та Колсон йышӑнса каланисемсӗр пуҫне, Америка ҫар ҫыннисем юхтарнӑ ӗҫсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларакан никам сирсе яма пултарайман ытти свидетельствӑсемпе документсем те пур. Халӗ «Кочжедо» сӑмах «Освенцим» тата «Майданек» сӑмахсем пекех тискер сӑмах пулса тӑчӗ. Америка захватчикӗсем хӳтлӗхсӗр юлнӑ ҫынсене асаплантарас тӗлӗшпе тӑвакан тискер ӗҫсем гитлеровецсен тискерлӗхӗнчен те иртсе каяҫҫӗ,

Акӑ мӗнле ӗнтӗ вӗсен «цивилизацийӗ», акӑ мӗнле ӗнтӗ вӗсен «ҫынна юратни».

Совет халӑхӗ, пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх пекех, Америка ҫар ҫыннисем Корейӑпа Китай салтакӗсем тӗлӗшпе тӑвакан тискер ӗҫсем пирки хӑйсем чӗререн тарӑхнине пӗр шухӑшлӑ пулса палӑртаҫҫӗ. Эпир ҫак тискер ӗҫсене пӗтӗм чӗререн тарӑхса ылханатпӑр, ҫакнашкал тискерлӗхе чарса лартма калатпӑр.

Эпир Корейӑра агрессиллӗ ӗҫсене чарса лартма, Корея халӑхне ирӗклӗн мирлӗ пурнӑҫ тӑвас ӗҫе тытӑнма май пама калатпӑр.

Мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен Мускав комитечӗ, профессиллӗ союзсен Мускав хула Совечӗ тата Хӗрлӗ Хӗреспе Хӗрлӗ Ҫурӑйӑхлӑх Мускав хула комитечӗ хушнипе Мускав хулинчи ӗҫҫыннисен митингне уҫнӑ тесе пӗлтеретӗп.

### Профессор Ф. И. Кожевников каланӑ сӑмах

Корея ҫине тапӑннӑ Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсем агресси тӗлӗшпе тискер ӗҫ турӗҫ. Ку чухнехи пӗтӗм малта пыракан этемлӗхӗн право ӑнланулӑхне палӑртса тӑракан тӗнчери право енчен илсен, агресси этемлӗхе хирӗҫ тунӑ чи йывӑр преступлени пулса тӑрать.

Америка империалисчӗсем мире юратакан Корея халӑхне хирӗҫ халиччен пулман агрессиллӗ ӗҫ туса, ӑна хирӗҫ тискер интервенци туса, тӗнчери правӑн мӗнпур принципӗсене, пурте йышӑннӑ вӑрҫӑ законӗсене тата пӗтӗм этемлӗх моралӗн пурте ӑнланакан йӗркисене сӗмсӗррӗн ура айне турӗҫ.

Америка интервенчӗсем Корейӑра тӑвакан тискер ӗҫсем иккӗмӗш тӗнче вӑрҫи вӑхӑтӗнче гитлеровецсем тунӑ чи тискер ӗҫсенчен те иртсе кайрӗҫ. Америка захватчикӗсем Корейӑра тата Ҫурҫӗр Хӗвелтухӑҫ Китайра, 1925 ҫулхи июнӗн 17-мӗшӗнче Женевӑра йышӑннӑ протокола сӗмсӗррӗн пӑсса, мирлӗ халӑха массӑллӑн пӗтерес тӗлӗшпе варварлӑ бактериллӗ хӗҫпӑшалпа усӑ курма тытӑнчӗҫ. Ҫак пӗтӗм халӑхсем йышӑннӑ протокол вӑрҫӑра пӑчӑхтаракан, сиен кӳрекен тата ытти ҫавнашкал газсемпе тата бактериллӗ хатӗрсемпе усӑ курма чарать, ҫакӑ вара пӗтӗм халӑхсен совеҫӗпе практикишӗн пурне те пӗр пекех обязательно, тесе йышӑнать.

Халӗ пӗтӗм тӗнче Америка захватчикӗсем ҫӗнӗрен юнлӑ преступлени тунӑ пирки, тыткӑна лекнӗ Корейӑпа Китай салтакӗсене хирӗҫ тунӑ преступлени пирки тарӑхать. Америка интервенчӗсем тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисем тӗлӗшпе пурте йышӑннӑ йӗркене сӗмсӗррӗн пӑсаҫҫӗ.

Тыткӑн режимне 1907 ҫулта Гаага хулинче йышӑннӑ IV-мӗш конвенцире, 1929 тата 1949 ҫулсенче Женевӑри конвенцисенче палӑртнӑ. Ҫак конвенцисем халиччен йӑлара пулса тӑнӑ тӗнчери правӑсене ҫирӗплетеҫҫӗ.

1907 ҫулта Гаагӑра йышӑннӑ конвенцире ҫуран ҫарсен законӗсемпе йӑлисем ҫинчен каланӑ. Ҫак конвенци ҫине США алӑ пуснӑ тата ӑна ратификацилене.

Унта тӳрех: тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене «этеме юратуллӑ пӑхма кирли ҫинчен» каланӑ. 1929 ҫулхи июлӗн 27-мӗшӗнче Женевӑра йышӑннӑ конвенцире ҫарти аманнӑ тата чирлӗ ҫынсен пурнӑҫне ҫӑмӑллатасси ҫинчен каланӑ, аманнӑ тата чирлӗ ҫынсем тыткӑна лексен, вӗсем мӗнле национальность ҫынни пулнине пӑхмасӑр, вӑрҫӑ вӑрҫакан енӗ вӗсене этеме юратуллӑ пӑхма тивӗҫлӗ (1-мӗш статья).

Тыткӑна лекнӗ ҫынсем пирки 1949 ҫулхи августӑн 12-мӗшӗнче Женевӑра йышӑннӑ конвенцире, ӑна Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсен представителӗсем те алӑ пусса йышӑннӑ, ҫапла каланӑ: «Тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисем тӗлӗшӗнчен яланах ҫынна юратуллӑ пулмалла. Кирек мӗнле законсӑр ӗҫ тума та е хӑйӗн аллинче тыткӑнра тӑракан ҫар ҫыннине кирлӗ пек пӑхман пирки вӗлерни те, е тыткӑна лекнӗ ҫар ҫынни умне пысӑк хӑрушлӑх кӑларса тӑратни те пулмалла мар, ҫавӑн пек тунине ҫак конвенцие пысӑккӑн пӑсни пулать тесе шутламалла. Уйрӑммӑн илсен, тыткӑна лекнӗ пӗр ҫар ҫыннине те сусӑрлатни е тыткӑна лекнӗ ҫар ҫынни ҫинче наука е медицина енӗпе нимӗнле йышши опыт та туни пулмалла мар... Тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене яланах сыхӑ усрамалла, уйрӑмах пусмӑрлани е хӑратни пулмалла мар... Вӗсене хирӗҫ репрессисем тума чараҫҫӗ» (13-мӗш статья).

Америка захватчикӗсем тӗнчери правӑн ҫак нормисене сӑнсӑррӑн ура айне тӑваҫҫӗ.

Кочжедо утравӗ ҫинчи—вилӗм утравӗ ҫинчи тыткӑна лекнӗ ҫынсен хӑрушӑ трагедийӗ вӑл Америка империалисчӗсен тискер ӗҫӗ пулса тӑрать. Халӗ пӗтӗм тӗнчене ҫакӑ паллӑ: ҫак утрав ҫинче 80 пин ҫынна яхӑн асап курса пурӑнаҫҫӗ. Ҫакна никам сирсе яма пултарайман свидетельствӑсемпе документсем кӑтартса параҫҫӗ. Ҫак утрава чӑннипех хальхи вӑхӑтра тамӑк туса хунӑ. Хӑрушла асаплантарасси, этем тӳсейми хӗн кӑтартасси, тыткӑнри ҫынсене массӑллӑн вӗлересси яланхи ӗҫ пулса тӑнӑ. Тыткӑнри

### Хӗрлӗ Хӗрес обществин Мускав хула комитечӗн председателӗ М. Ф. Дворниченко юлташ каланӑ сӑмах

Юлташсем!

Хӗрлӗ Хӗрес организацийӗсем тӗнчери пур ҫӗршывсенче те пур. Вӗсем тӗрлӗ расӑсемпе нацисен ҫыннисене, тӗрлӗ тӗн тытакансемпе политика енӗпе тӗрлӗ шухӑшлакан ҫӗршер миллион ҫынсене пӗрлештерсе тӑраҫҫӗ. Вӗсен умӗнче хӑйсен членӗсене ҫынсем ҫине ӑшшӑн пӑхма, вӗсене пурнӑҫра, медицина тата ытти енчен те пулӑшу пама, ҫутҫанталӑк вӑйӗсене пула нуша пулсан, ҫавӑн пекех вӑрҫӑ пынӑ чухне те пулӑшу пама вӗрентес задача тӑрать. Вӗсен чирленӗ тата аманнӑ ҫынсемшӗн, ҫавӑн пекех, кирек мӗнле ҫарта тӑнине е кирек мӗнле раса ҫынни пулнине пӑхмасӑр, тыткӑна лекнӗ ҫынсен прависене сыхлассишӗн тӑрӑшмалла. Хӗрлӗ Хӗрес организацийӗ пӗтӗм тӗнчери ҫӗршывсем хушшинчи килӗшӳсене туса хатӗрленӗ ҫӗре активлӑ хутшӑнса ӗҫленӗ. Ҫав килӗшӳсем вӑрҫӑра ҫынна ҫын вырӑнне хуманни пулмалла марри ҫинчен, вӑл шутра тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене хисеплемелли, мирлӗ халӑха вӑрҫӑ хӑрушлӑхӗсенчен сыхламалли ҫинчен каланӑ.

Хӗрлӗ Хӗресӗн пӗтӗм тӗнчери организацийӗсен задачи вӑрҫӑра тискер пулма чаракан правилӑсене тата мирлӗ халӑхпа тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене ҫын вырӑнне хисеплемелли правилӑсене, ҫавӑн пекех ун ҫинчен калакан пӗтӗм тӗнчери килӗшӳсене пур правительствӑсемпе вӑрҫӑ вӑрҫакан пур ҫӗршывсем те кирек мӗнле вӑрҫӑра та пӗртте пӑсмасӑр пӑхӑнса пычӑр тесе тимлӗн сӑнаса тӑрасси пулать.

Хӗрлӗ Хӗресӗн Совет Союзӗнчи организацийӗсене, пӗтӗм совет халӑхне вӗрентнӗ пекех, ҫынна хисеплеме, пур халӑхсемпе тата нацисемпе те тӑван пек туслӑн пурӑнма вӗрентнӗ, ҫын ҫине тискеррӗн пӑхнине вӗсем уйрӑмах чӑтма пултараймаҫҫӗ.

Акӑ мӗншӗн ӗнтӗ Америка агрессорӗсем Кочжедо утравӗ ҫинчи тата Пусан ҫывӑхӗнчи лагерьсенче Корейӑпа Китай ҫар ҫыннисене хирӗҫ тискер ӗҫсем туни мире ҫав тери тарӑхтарчӗ.

Пӗтӗм тӗнчери ҫӗршывсем хушшинче тунӑ килӗшӳсем, сӑмахран, 1907 ҫулта Гаагӑра тунӑ килӗшӳ тата 1929 ҫулпа 1949 ҫулта Женевӑра тунӑ килӗшӳсем, тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене ҫын вырӑнне хурса хисеплеме хушаҫҫӗ. Америка агрессорӗсем тунӑ тискер ӗҫсем ҫав килӗшӳсенче каланине хирӗҫ пыраҫҫӗ.

Ҫӗр чӑмӑрӗ ҫинчи мире юратакан халӑхсем пурте пӗр саслӑн пулса ҫав тискер ӗҫсене пӗтерме ыйтаҫҫӗ. Хӗрлӗ Хӗресӗн мӗнпур ҫӗршывсенчи организацийӗсен членӗсем те ҫапла ыйтаҫҫӗ, мӗншӗн тесен тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисен прави-

сене хӳтӗлесси вӗсен чӑн-чӑн тивӗҫӗ пулса тӑрать.

Анчах та ҫак пӗтӗм тӗнчипех янӑракан сасӑра Хӗрлӗ Хӗресӗн «Пӗтӗм тӗнчери» Комитечӗ текенскерӗн сасси илтӗнмест. Хӑйне хӑй «Пӗтӗм тӗнчери» Комитет тесе ят парса, Швейцарири 19 банкирпа промышленниксенчен тӑракан ҫав Комитет (ҫав банкирсемпе промышленниксем Америка монополисчӗсемпе тачӑн ҫыхӑнса, вӗсене майлӑ ӗҫлеҫҫӗ) шӑпӑрт та шарламасӑр, иккӗмӗш тӗнче вӑрҫи вӑхӑтӗнчи пекех, тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене халиччен курман-илтмен асап кӑтартнине тӗнчене пӗлтерессишӗн мар. Иккӗмӗш тӗнче вӑрҫи вӑхӑтӗнче те вӑл гитлеровецсен Майданекри, Освенцимри, Бухенвальдри вилӗм лагерӗсенчи калама ҫук тискер ӗҫсене питлесе пӗр сӑмах та каламарӗ. Халӗ те вӑл Америка агрессорӗсен Кочжедӑри тата Пусанри вилӗм лагерӗсенчи тискер ӗҫӗсене питлесе пӗр сӑмах та каламасть. Ҫав Комитет унӑн представителӗсем тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене усрама гитлеровецсем уҫнӑ лагерьсенче пулнӑ хыҫҫӑн вилӗм лагерӗсенче киносемпе театрсен ӗҫне лайӑхлатасси ҫинчен калаҫкаланипех иртсе кайма пӑхнӑ. Ку Комитет халӗ те, унӑн представителӗсем Кочжедӑри вилӗм лагерӗсенче пулнӑ хыҫҫӑн, тыткӑна лекнӗ хӑшпӗр ҫар ҫыннисене апат ҫителӗклӗ ҫитермеҫҫӗ, начар тумлантараҫҫӗ тенипех иртсе каясшӑн, тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене усрама Америка Корейӑра туса хунӑ лагерьсенче тискеррӗн асаплантарни, персе вӗлерни, хӗнени ҫине хӑй мӗнле пӑхнине, ҫав ирсӗр ӗҫсем таса чӗреллӗ кашни ҫыншӑн паллӑ пулин те, пӗр сӑмахпа та пӗлтермест.

Анчах та, телее пула, ҫав «Пӗтӗм тӗнчери» Комитет тӗнчери нихӑш ҫӗршыври Хӗрлӗ Хӗрес членӗсен ирӗкне те палӑртса тӑмасть. Хӗрлӗ Хӗресӗн мӗнпур ҫӗршывсенчи членӗсем этемлӗх моралӗн, чӑн-чӑн гуманизмпа цивилизацин, пӗтӗм тӗнчери правӑн принципӗсене пысӑка хурса хаклакансен пӗрремӗш ретӗнче пулнӑ, малашне те ҫаплах пулӗҫ.

Корейӑпа Китайӑн тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене Америка ҫар ҫыннисем хӑрушӑ та тискер условисенче хупса усраҫҫӗ. Хӗрлӗ Хӗрес обществин Мускав хулипе Мускав облаҫӗнчи членӗсем—ҫур миллион ҫын ҫапла шанса тӑраҫҫӗ: пӗтӗм тӗнчери халӑхсен ирӗкӗ Китайпа Корейӑра тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисене ҫав тискерлӗхсенчен хӑтарӗ.

Правӑпа тӗреслӗх тата гуманизм ҫӗнтереҫҫех, чарусӑр хӑтланакансене тата вӑйпа пусмӑрлانине ҫӗнтереҫҫӗ.

Преступниксемпе вӗсене пулӑшакансене хытӑ айӑплӗҫ.

### „Серп и молот" завод мастерӗ И. М. Романов юлташ каланӑ сӑмах

Тӗнчери мӗнпур ҫӗршывсенчи миллионшар ҫынсем Америка империалисчӗсене ылханаҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен тискерлӗхӗпе тата пусмӑрлӑхӗпе гитлерла вӑрӑ-хурахсенчен иртсе кайрӗҫ.

Совет халӑхӗ, ҫӗр чӑмӑрӗ ҫинчи мӗнпур тӳрӗ шухӑшлӑ ҫынсем этемлӗх тӑшманӗсен — Америка империалисчӗсемпе вӗсене тара кӗрӗшнӗ ҫынсен тискер преступленийӗсене хирӗҫ татӑклӑн протестлеҫҫӗ.

Халӑх протесчӗ ҫумне эпӗ те—совет ҫынни, Мускаври Ленин орденлӗ тата Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ «Серп и молот» завод мастерӗ—хамӑн сассӑма пӗрлештеретӗп.

Пирӗн завод коллективӗ уйӑхран уйӑха планран ирттерсе пиншер тонна металл туса кӑларать. Ҫак металл коммунизмӑн аслӑ стройкисене, Совет Государствин хӑватне малалла тӗреклетес ӗҫе каять. Эпир мирлӗ ӗҫсен планне, пирӗн социализмлӑ Тӑван ҫӗршыва малалла чечеклентерекен, ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатакан ӗҫсен планне пурнӑҫлатпӑр.

Столицӑри металлургсен нумай пинлӗ коллективӗ ячӗпе ҫак трибуна умне тухса эпӗ Корейӑна хӳтӗлекенсемпе тӑванла пӗр шухӑшлӑ пулни ҫинчен тата вӗсене чӗререн юратни ҫинчен пӗлтеретӗп. Эпир Америка империалисчӗсен Корейӑри тискер ӗҫӗсене, Корея халӑхне хирӗҫ тӑвакан ҫаратулла, захватчикла вӑрҫа чарса лартма калатпӑр. Эпир Америка гестаповецӗсене тыткӑна лекнӗ Корейӑпа Китай ҫар ҫыннисене тискеррӗн, ирсӗррӗн мӑшкӑл тӑвассине чарса лартма калатпӑр.

Тӗнчери халӑхсем ҫын вӗлерекенсен юнлӑ аллисене тытса чарӗҫ.

Эпир, совет ҫыннисем, хамӑрӑн паттӑр ӗҫпе хамӑрӑн социализмлӑ Тӑван ҫӗршыв хӑватне—пӗтӗм тӗнчери мир ӗҫӗпе халӑхсен хӑрушсӑрлӑхӗн тӗрекӗ пулса тӑракан ҫӗршыв хӑватне малалла та тӗреклетӗпӗр.

Совет халӑхӗ Коммунистсен Партийӗ ертсе пынипе, совет халӑхӗн аслӑ ҫулпуҫӗ Сталин юлташ ӑслӑн ертсе пынипе шанчӑклӑн коммунизм ҫулӗпе малалла пырать.

### СССР Наука академийӗн математика институчӗн докторанчӗ С. Х. Сираджинов юлташ каланӑ сӑмах

Америкӑн ҫар ҫыннисем Кочжедо утравӗ ҫинче тата Пусанра тискер ӗҫсем туни ҫинчен, тыткӑна лекнӗ корейцсемпе китаецсене лагерьсенче хӗсӗрлени тата вӗлерни ҫинчен пӗлсен Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсем калама ҫук хытӑ тарӑхрӗҫ.

Тӗнчери миллионшар ҫынсемшӗн халӗ ӗнтӗ «Кочжедо» тата «Пусан»—Корея проливӗ районӗнчи вырӑнсен ячӗ кӑна мар. Ҫав ятсем халӗ ӗнтӗ хӑй вӑхӑтӗнче Майданек, Бухенвальд тата Освенцим ячӗсем тискеррӗн илтӗннӗ пекех тискерлӗхе пӗлтерекен ятсем пулса тӑраҫҫӗ.

Америкӑри пуҫкасакансем Корейӑри лагерьсенче тискер ӗҫсем тунине пытарса тӑраймарӗҫ. Ҫав вилӗм лагерӗсенче мӗн пулни ҫинчен тата унта асапланакан хӗрӳллӗ патриотсем—корейцсемпе китаецсем паттӑр хирӗҫ тӑни ҫинчен пӗлтерекен чӑн хыпар йӗплӗ пралук урлӑ, танксем хуралласа тӑни урлӑ каҫса тата ҫар цензурине ҫӗнтерсе пӗтӗм тӗнчене сарӑлчӗ. Американецсем Корейӑри лагерьсенче тыткӑна лекнӗ ҫынсене хаяррӑн хӗсӗрлесе тата вӗлерсе пӗтернине нумай ҫынсем калани тӑрӑх тата документсемпе кӑтартса панӑ. Ҫавна лагерьсен коменданчӗсем Колсон тата Додд генералсем хӑйсем те йышӑннӑ. Анчах Америка интервенчӗсем, ООН ялавӗпе витӗнсе, Кочжедӑра тата Пусанра халӗ те ҫаплах пӗтӗм тӗнче куҫӗ умӗнче питӗ тискер ӗҫсем тӑваҫҫӗ.

Кӑнтӑр Корейӑри лагерьсене хупнӑ вуншар пин ҫынсене вилӗм хӑрушлӑхӗ хӑратса тӑрать. Америкӑри пуҫкасакансем тыткӑнри ҫынсене асаплантарса, тискеррӗн хӗсӗрлесе тата пере-пере пӑрахса тӑван ҫӗршыва таврӑнассинчен пӑрӑнтарасшӑн, урӑхла каласан, хӑйсен тӑван ҫӗршывӗнчен уйӑрлтарасшӑн, хӑйсен халӑхне хирӗҫ вӑрҫӑ вӑрҫма шут тыттарасшӑн, ҫапла вара Уолл-стрит агрессорӗсемшӗн вӑрҫӑра вилме хатӗр ҫынсем туса хурасшӑн. Америкӑри вӑрҫӑ пуҫаракансем ҫынсене пӑспа пӗҫертсе, хӗртнӗ тимӗрпе ӗнтсе, вӗри шывпа сапса, ӳт ҫине паллӑсем туса тата наркӑмӑшлӑ газсемпе пӑчӑхтарса хӑйсене итлеттерме шутлаҫҫӗ. Азири халӑхсем империализмлӑ тискер кайӑкӑн чӑн-чӑн сӑн-сӑпатне тахҫанах курса пӗлчӗҫ, вӗсем, аслӑ Китай халӑхӗнчен пример илсе, вӑл ют ҫӗршыв империализмӗн пусмӑрне сирпӗтсе янине тата халӗ ирӗклӗ те телейлӗ пурнӑҫ тунине курса, ирӗке тухассишӗн, никама пӑхӑнмасӑр пурӑнмалла тӑвассишӗн кӗрешӗве ҫӗкленеҫҫӗ.

Тӗнчери мӗнпур халӑхсемпе пӗрле эпир, совет ҫыннисем, Америкӑри милитаристсем Корейӑра тискер ӗҫсем тунине тата тыткӑнри ҫынсене калама ҫук хытӑ хӗсӗрленине тарӑхса питлетпӗр. Эпир пӗтӗм тӗнчери килӗшӳсене пӗтӗмпех тата тӗплӗ пурнӑҫласа пыма, корейцсемпе китаецсен салтакӗсене пурне те хӑйсен тӑван ҫӗршывне яма ыйтатпӑр!

### „Красный богатырь" заводри работница А. П. Фокина юлташ каланӑ сӑмах

Америкӑри империалистсем Корейӑра мире юратакан, ирӗклӗхшӗн, никама пӑхӑнмасӑр пурӑнассишӗн кӗрешекен халӑха хирӗҫ тискер преступленисем тунине, тӗрлӗ усал майсемпе ҫынсене йышлӑн пӗтернине пӗлсен кӑмӑл ҫилӗпе тулать. Америкӑн ҫар ҫыннисем калама ҫук усал ӗҫсем тӑваҫҫӗ.

Эпир, совет ҫыннисем, вӑрҫӑ ҫулӗсенче фашистла агрессорсем тапӑннӑ пирки тӳснӗ йывӑрлӑхсене манман-ха, ҫавӑнпа эпир Корея халӑхӗ асапланнине тата хӗн-хур тӳснине питӗ лайӑх ӑнланатпӑр, Корея халӑхне чӗререн кӑмӑллатпӑр.

Нимӗҫ фашисчӗсем пирӗн халӑх хуҫалӑхне пысӑк сиен кӳчӗҫ, ҫав сиенсене тӳрлетме совет ҫыннисем нумай вӑй хурса ӗҫлерӗҫ.

Халӗ ӗнтӗ пирӗн Тӑван ҫӗршыв куллен-кун вӑйланса, чечекленсе пырать. Коммунизм обществи тӑвакан совет халӑхӗн ҫитӗнӗвӗсем питӗ пысӑк. Ҫанталӑк уяр тӑракан типӗ ҫеҫенхирсенчи ҫӗнӗ каналсене, питӗ пысӑк электростанцисене эпир вӑрҫӑ валли мар, мирлӗ пурнӑҫ валли тӑватпӑр. Совет ҫыннисем ҫулӗ

ҫуртсене вӑрҫӑ валли мар, мирлӗ пурнӑҫ валли тӑваҫҫӗ. Пирӗн ҫӗршыври ача амӑшӗсем хӑйсен ачисене вӑрҫӑ валли мар, мирлӗ пурнӑҫ валли пӑхса ӳстереҫҫӗ.

Пирӗн ҫӗршывра ӗҫлени хаваслӑхпа телей пулса тӑрать. Эпир, ватӑ рабочисемпе ҫамрӑк рабочисем пурте, вӑя шеллемесӗр ӗҫлетпӗр, мӗншӗн тесен хастарлӑ ӗҫлени хамӑрӑн юратнӑ Тӑван ҫӗршыва вӑйлатса пымалли, пӗтӗм тӗнчери мире сыхласа хӑвармалли никӗс пулнине пӗлсе тӑратпӑр.

Пире, совет ҫыннисене, Ленин—Сталин партийӗ ытти халӑхсемпе туслӑ пурӑнма тата вӗсене хисеплеме вӗрентнӗ. Эпир пурте кашни ҫыннӑн пурнӑҫӗ тата лайӑххах, тата ырӑрах пултӑрччӗ тесе шухӑшлатпӑр. Пирӗншӗн этем пурнӑҫӗ ҫӗр ҫинче чи хакли пулса тӑрать. Ҫапла вӗрентет пире Сталин юлташ. Акӑ мӗншӗн ӗнтӗ совет ҫыннисем Америка агрессорӗсене тыткӑна лекнӗ корейцсемпе китаецсене хӗсӗрлесе асаплантарнӑшӑн, Корейӑри мирлӗ халӑха йышлӑн пӗтернӗшӗн чунтан тарӑхса питлеҫҫӗ.

### А. Сурков писатель сӑмахӗ

Юлташсем!

Хаяр ҫилӗпе тулса пухӑнтӑмӑр эпир паян ҫак зала.

Америка империалисчӗсем мире юратакан Корея халӑхӗ ҫине тапӑннӑранпа кӗҫех икӗ ҫул ҫитет. Вӗсем ООН ялавӗпе витӗнсе, Корея ҫӗрӗ ҫинче хӑйсен юнлӑ ӗҫӗсене тӑваҫҫӗ.

Америка захватчикӗсем ҫак тапхӑрта вӗҫӗмсӗр асап тӳсекен Корея ҫӗрӗ ҫинче тунӑ хаяр та тискер ӗҫсен шучӗ-йӗрӗ те ҫук.

Вӗсем ҫӗршер хуласене, авалхи культурӑн чаплӑ памятникӗсене ишсе-ишсе кӗл айне турӗҫ. Вӗсем чечекленекен садсене ҫӗр ҫинчен шӑлса тӑкрӗҫ, калчасене напалмпа ҫунтарса тухрӗҫ, мирлӗ пурӑнакан ҫӗршер ялсемпе хуласене ҫунтарса пӗтерчӗҫ.

Америка интервенчӗсем хӑйсем вӑрҫӑра поражени тӳснӗшӗн тарӑхса нумай пин ачасене, хӗрарӑмсене тата ватӑсене вӗлерчӗҫ, суранлатса пӗтерчӗҫ.

Хӑйсен умӗнчи преступниксенчен те—гитлерла ҫынвӗлерексенчен те тискертерех преступленисем турӗҫ ҫак палачсем, хӑйсен раси малта тӑнипе, Америкӑри пурнӑҫ йӗркипе мухтанакансем.

Корея халӑх ҫарӗн тата Китай халӑх добровольцӗсен тыткӑна лекнӗ ҫыннисене усракан лагерьсенче американецсем питех те тискер ӗҫсем тунӑ хыпар пӗтӗм тӗнчене сарӑлчӗ.

Америка агрессорӗсем хӗҫпӑшалсӑр ҫынсене ирсӗррӗн асаплантарни ҫинчен халӗ ӗнтӗ пурте пӗлеҫҫӗ. Агрессорсем темӗнле асаплантарсан та тыткӑна лекнӗ ҫынсем хӑйсен тӑван ҫӗршывне пӑрахма, хӑйсен тӑван ҫӗршывне тӑшмана сутма килӗшмен.

Тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисен Кочжедо утравӗ ҫинчи Америка лагерӗсенче комендантсем пулнӑ Колсонпа Додд Америка интервенчӗсем Кочжедо утравӗ ҫинче тунӑ тискер ӗҫсемпе преступленисем ҫинчен пӗтӗм тӗнче умӗнче ҫирӗплетсе каларӗҫ. Вӗсене вара ӗҫрен хӑтарнӑ, анчах вӗсене юнлӑ преступленисем тунӑшӑн мар, тыткӑна лекнӗ Корейӑпа Китай ҫар ҫыннисене асаплантарни ҫинчен пӗр пытармасӑр каласа панӑшӑн, Америка агрессорӗсен ирсӗр ӗҫӗсем ҫинчен пӗтӗм тӗнчене пӗлтернӗшӗн айӑпланӑ.

(Юлашки 4-мӗш страницӑра).

# Тыткăна лекнĕ çар çыннисем тĕлĕшпе Америка агрессорĕсем юнлă ĕçсем тунине хирĕç тарăхса протестлени

## *Мускав хулинчи ĕççыннисен митингĕ*

(Юлашки. Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

Америка империалисчĕсем тыткăна лекнĕ Корейăпа Китай çар çыннисене тискеррĕн асаплантарма чарăнасси пирки шутламаççĕ те. Çакă вăл Кочжедо утравĕ çинчи лагерĕн çĕнĕ коменданчĕ—Америка çарĕн бригада генералĕ Боутнер каланинчен лайăх курăнать. Вăл малалла та тыткăна лекнĕ çар çыннисене хаяррăн тыткаласси çинчен каланă. «Эпир, — тенĕ Боутнер генерал,— тыткăна лекнĕ çар çыннисене хамăр вăйлине кăтартса парасшăн... Эпĕ контроллесе тăрас ĕçе юн юхмалла тумасăр пурнăçлассине шанни питех те оптимистла шутлани пулĕччĕ...» Тыткăна лекнĕ çар çыннисен Кăнтăр Корейăри лагерĕсенчи вуншар пин хĕçпăшалсăр çынсем вилĕм умĕнче тăраççĕ. Пĕтĕм тĕнчери мире юратакан çынсем хăватлăн протестлени кăна Америка захватчикĕсен çĕнĕ преступленийĕсене чарса лартма тата пиншер çынсен пурнăçне çăлса хăварма пултарать.

Америка интервенчĕсем Кочжедо утравĕ çинче тыткăна лекнĕ çар çыннисене юнлă ĕçсем туса асаплантарнине тата Корейăри мирлĕ халăха хирĕç кĕрешес ĕçре бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнине протестлесе, эпĕ США государство секретарĕ Ачесон нумаях пулмасть тунă заявленисене асăнмасăр иртме пултараймастăп.

Америка çар çыннисем Корейăра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнине тата тыткăна лекнĕ Корейăпа Китай çар çыннисене юнлă тискер ĕçсем туса асаплантарнине хирĕç халăхсем протестленине Ачесон çав халăхсем Америка çинчен «элек сарнă» пек тата вĕсем американецсене «кураймасăр тăнипе» иртterекен кампани пек кăтартма пăхать.

Тĕнчери халăхсем çакна лайăх пĕлсе тăраççĕ: бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курассине тата çынсене массăллăн вĕлермелли ытти хĕçпăшалсемпе усă курассине чарса лартма ыйтса панă сĕнӳсене США-ра пуç пулса тăракан ушкăнсем Ачесон пулăшнипе сире-сире ярассĕ. Бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курма чарса Женевăра йышăннă конвенципе урăх нихăш çĕршыв та мар, США килĕшменнине халăхсем пĕлеççĕ.

Америка правительствин официальнăй представителĕсем час-часах, вăл шутра государство секретарĕ Ачесон та, Америка çарĕсем бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курмаççĕ тесе туха-туха калаççĕ, çапла майпа вĕсем бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнине пытарса тăма пăхаççĕ.

Анчах ку таранччен вĕсенчен пĕри те бактериллĕ хĕçпăшала сивлемен-ха, бактериллĕ хĕçпăшалпа вăрçни вăл—намăссăр та чунсăрла ĕç туни пулать тесе питлесе, халăхсем çав ирсĕр ĕçсене чарса лартма ыйтнипе вĕсем килĕшмеççĕ.

Çакă паллă: пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума США мар, Совет Союзĕ сĕнчĕ, çав сĕнĕве вара Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем сирсе ячĕç.

Халăхсем çакна пĕлеççĕ: пĕтĕм тĕнчере мире сыхлассишĕн тата ăна тĕреклетессишĕн, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ тата мире юратакан Германи тăвассишĕн, унпа мирлĕ договор тăвассишĕн тата унăн территорине оккупацилесе тăрассине пĕтермелле тăвассишĕн США мар, Совет Союзĕ çине тăрса кĕрешет, çав вăхăтрах США-ри пуç пулса тăракан ушкăнсем Германие пайлаççĕ тата мирлĕ халăхсене хирĕç вăрçă пуçарма Европа центрĕнче плацдарм хатĕрлеççĕ.

Америка интервенчĕсем Корейăра юнлă ĕçсем тунине кăтартакан документсене тата çав тискерлĕхе тӳснĕ çынсем каласа панисене сирсе яма вăйĕ çитмен пирки, Ачесон çав преступленисене хирĕç кĕрешекен халăхсене хăйсене айăплама пăхать, вĕсем Америка халăхне кураймасăр пурăнаççĕ имĕш. Ачесон мире юратакан халăхсене Америка çинчен «элек сарнăшăн» айăпласа тунă заявленисен тĕллевĕ вăл, чăннипе, США империалисчĕсен çĕнĕ вăрçă чĕртес тĕлĕшри планĕсене пытарасси пулать, Америка халăхне Европăри тата Азири мире юратакан халăхсене хирĕç тăратма хăтланни пулать тата ăна малалла та ирсĕр ĕçсем тума, гитлерла фашистсемпе Япони империалисчĕсем тунă тискер ĕçсенчен те ирсĕртерех преступленисем тума вĕскĕртни пулать.

Мире юратакан халăхсем нихçан та Америка империалисчĕсене Америкăри мире юратакан халăхпа пĕр пек тесе шутламанни пурне те паллă ĕнтĕ. Америка империалисчĕсем агрессиллĕ ĕçсем организацилеççĕ, Корейăри халиччен илтмен тискер ĕçсене хавхалантарса тăраççĕ. США-ри ирĕке юратакан халăх вара нумай пулмасть, Европăри тата Азири халăхсемпе пĕрле çума-çумăн тăрса, фашистла чумапа кĕрешрĕ.

Совет Союзĕнчи халăхсем, çĕр çинчи тӳрĕ кăмăллă мĕнпур çынсем пекех, мире сыхласа хăварассишĕн малалла татах та çирĕпрех кĕрешĕç. Вĕсем Корейăна паттăррăн хӳтĕлекенсен тĕрĕс ĕçне хӗрӳллĕн пулăшса тăрĕç, вĕсем Америка захватчикĕсем тата вĕсене пулăшакансем тăвакан пĕтĕм юнлă ĕçсене хирĕç кĕрешĕç. Вĕсем Корейăри вăрçа халех чарса лартма тата вăрçă преступникĕсене хаяррăн айăплама ыйтаççĕ.

# Мускав хулинчи ĕççыннисен митингĕ йышăннă

# РЕЗОЛЮЦИ

Эпир, Мускав хулинчи ĕççыннисен представителĕсем,—рабочисем, служащисем, наукăпа искусство тата литература работникĕсем,—хулари митинга пухăнтăмăр. Эпир çак митинга Америка агрессорĕсем Корейăра тыткăнри çар çыннисен лагерĕсенче питĕ тискер, юнлă преступленисем тунине хирĕç тĕнчери миллионшар çынсемпе пĕрле протестлеме килтĕмĕр.

Нумай та пулмасть-ха Америка империалисчĕсем Корейăпа тата Çурçĕр Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курчĕç. Вĕсем, çак тискер ĕçе тунă хыççăн, тыткăнри çар çыннисене калама çук тискеррĕн асаплантарма пуçларĕç. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене влаçра тăракан ушкăнсем çынсене йышлăн вĕлерес пĕтермелли тата çак тискер ĕçе çынсене асаплантармалли хĕçпăшалпа малашне те усă курма хатĕр тăнине кăтартса пачĕç.

Америка империалисчĕсем халĕ халлех çын моралĕн принципĕсене, тĕнчери правăн пĕтĕм нормисене таптаççĕ.

Тыткăнри çар çыннисем пирки Гаагăра тата Женевăра тунă килĕшӳсене пăсса, Америка интервенчĕсем Кочжедо утравĕ çинче, Корейăн ытти пайĕсенче те тыткăнри çар çыннисен лагерĕсене вилĕм лагерĕсем туса хунă, çав лагерьсем гитлеровецсен Освенцимра, Бухенвальдра тата Майданекра пулнă вилĕм лагерĕсем пекех.

Америка интервенчĕсем çав лагерьсенче тыткăна лекнĕ корейсемпе китаецсене асаплантараççĕ, мăшкăл тăваççĕ, тискерле вĕлереççĕ тата йышлăн персе вĕлереççĕ.

Корейăра перемири тăвасси çинчен калаçнă чухне американецсем тыткăнри çар çыннисенчен «хăйсем каяс текенсене» çеç киле ямалла тăвас тесе сĕнӳ тăратса, кун пек сĕнӳ тĕнчери правăна тата çынна хисеплемелли йĕркене хирĕç пыратчĕ.

Çавăн пек уловка тĕлне сĕнсе, Америка агрессорĕсем Корейăра перемири тăвасси çинчен пыракан калаçусене пĕтерсе лартас, Инçет Хĕвеланăçĕнче çапăçусене вăрăма тăсас тата [illegible] тыткăна лекнĕ вуншар пин çар çыннисене [illegible] Ли Сын Ман бандисене—Китай халăхĕпе Корея халăхĕн хаяр тăшманĕсен бандисене—кӗртесшĕн.

Америка интервенчĕсене тискер ĕç тунă чух тытнă, вĕсем тискер ĕç тунине свидетельсем тата документсем пĕтĕм тĕнче умĕнче тăрă шыв çине кăларнă. Çапах та Америка империалисчĕсем Кочжедо утравĕ çинче тыткăнри çар çыннисене [illegible] хатĕрленеççĕ.

Тĕнчери ырă шухăшлă халăхсем Америка интервенчĕсен тискер преступленисене тунине килĕшсе тăма пултараймаççĕ.

Мĕнпур çĕршывсенчи тӳрĕ кăмăллă çынсем, малта пыракан пĕтĕм этемлĕх Америка интервенчĕсен тискер ĕçĕсене питлеççĕ, Америка çар çыннисене тыткăна лекнĕ корейсемпе китаецсене тискеррĕн [illegible] чарса лартма ыйтаççĕ.

Мускаври ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, США империалисчĕсем çын çинче [illegible] Корейăра тискер преступленисем тунине хирĕç хыттăн тарăхса протестлеççĕ.

Эпир, тĕнчери ырă шухăшлă çынсемпе пĕрле, Америка захватчикĕсен Корейăри тискерлĕхне пĕтерсе лартма ыйтатпăр. Эпир çапла тума ыйтатпăр: тыткăна лекнĕ корейсемпе китаецсене çын вырăнне хумалла пулмалла, тыткăнри çар çыннисем пирки Гаагăра тата Женевăра тунă килĕшӳсене пурнăçласа пымалла.

Мускаври ĕççыннисем, мĕнпур совет çыннисемпе пĕрле, Америка агрессине хирĕç паттăррăн кĕрешекенсене—паттăр Корея халăхĕпе Китай халăх добровольцĕсене чунтан-чĕререн, тăванла кăмăлласçĕ.

Ĕççыннисен таса тивĕçĕ—хăйсен сыхăлăхне тата ытларах ӳстересси, çĕнĕ тĕнче вăрçи пуçарма тăрăшакансен усал ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларасси, пĕтĕм тĕнчере [illegible] кĕрешесси пырать.

Мускаври ĕççыннисем пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле малашне те мир [illegible] патриотла [illegible] Совет [illegible] государство [illegible]

Сывă пултăр пирĕн Совет [illegible]!

Сывă пултăр пирĕн [illegible] тата учитель Сталин юлташ!

# *Германири коммунистсен партийĕн правленийĕ нимĕç халăхне чĕнсе калани*

БЕРЛИН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Дюссельдорфран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Германири коммунистсен партийĕн правленийĕ нимĕç халăхне чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Чĕнӳре çапла каланă:

«Бонра вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пусрĕç. Çав договор çине алă пуснă кун Германири коммунистсен партийĕ Хĕвеланăç Германири мире юратакан тата патриотла шухăш-ĕмĕтлĕ мĕнпур çынсен ячĕпе çапла калать:

Çав договор çине Аденауэр алă пуснине законлă ĕç тесе шутламалла мар. Вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пусни вăл Хĕвеланăç Германие пусмăрлăха кĕртсе ӳкернине, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мире юратакан тата никама пăхăнман Германи тăвас ĕçе чарса лартнине, пĕр-пĕрне вĕлерсе пĕтермелли вăрçă хатĕрленине пĕлтерет. Ун çине Аденауэр нимĕç халăхĕ килĕшӳ памасăр алă пуснă. Ăна нимĕç халăхĕ нихçан та ырлас çук.

Вăрçă хатĕрлемелли «пĕтĕмĕшле договор» вăл Америка, Англи, Франци тата нимĕç империалисчĕсем вăрттăн тунă килĕшӳ пулса тăрать. Вăл нимĕç халăхĕн пурнăç никĕсĕсене тапăнни тата Европăри мире хирĕç тунă кавар пулса тăрать. Вăрçă хатĕрлемелли «пĕтĕмĕшле договора» пирĕн тăван çĕршывăн пĕрлĕхне тума тата Германипе мирлĕ договор тума чăрмантарас шутпа çырса хатĕрленĕ.

Вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пусса, Аденауэр нимĕç монополисчĕсемпе милитарисчĕсем хушнă тата Америкăн хĕçпăшал магначĕсемпе вăрçăра пуйнă çыннисем приказ панă тăрăх, государствăра переворот турĕ. Нимĕç халăхĕн демократиллĕ чи пĕчĕк прависене те хĕссе, Бонри парламента хĕсĕрлес (ăна вăрçа хатĕрлемелли «пĕтĕмĕшле договорта» мĕн çырни çинчен те пĕлтермен) договор çине алă пуснă çынсем çакна уççăн кăтартса пачĕç: вĕсем хăйсен вăрçă планĕсене пурнăçлас шутпа Хĕвеланăç Германире çар диктатури туса хума тăрăшаççĕ. Аденауэр правительстви «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пуснă кун Аденауэр мĕнпур халăхран пĕтĕмпех уйрăлса кайни тата ăна халăх курайманни палăрчĕ. Аденауэр правительстви пек мĕнпур халăхран пĕтĕмпех уйрăлса кайнă тата халăх курайман правительство Германи историйĕнче урăх нихçан та пулман.

Америкăпа нимĕç империалисчĕсем çар диктатури туса хума хатĕрленеççĕ. Вĕсем демократиллĕ мĕнпур партисемпе организацисене пĕтерсе лартассипе хăратаççĕ. Вĕсем профсоюзсене хирĕçле çĕнĕ закон çырса хатĕрлеме тытăннă. Вĕсем предприятисенче ирĕксĕрлесе ĕçлеттермелли йĕрке, çарти пек йĕрке, туса хума хатĕрленеççĕ. Вĕсем нимĕç çамрăкĕсене Америкăн Корейăран килнĕ Риджуэй генералĕ командующи пулса ертсе пыракан çарне мобилизацилес тесе, пурне те иĕксĕрлесех çар службине илмелли закон хатĕрлеççĕ. Вĕсем мире юратакан тата прогрессивнăй шухăшлă мĕнпур нимĕçсен пурнăçне пĕтерсе лартассипе хăратаççĕ.

Аденауэр вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пусса нимĕçсене калама çук пысăк намăса кĕртсе ӳкерчĕ, питĕ ирсĕр ĕç турĕ. Çакна тăван çĕршывшăн тăрăшакан тӳрĕ шухăшлă кашни нимĕç ака мĕнле фактран уççăнах ăнланса илме пултарать: асăннă договор çине алă пусиччен США, Англи тата Франци правительствисем патне Совет Союзĕ нота ячĕ, унта пĕр тăхтаса тăмасăрах тăватă державăн калаçăвĕсене ирттерме, калаçусем вăхăтĕнче Германипе мирлĕ договор хатĕрлесси тата пĕтĕм Германире ирĕклĕ суйлавсем ирттересси çинчен сӳтсе явма сĕнӳ панă. Совет Союзĕн çав нотине пĕтĕм нимĕç халăхĕ хĕрӳллĕн ырлать. Анчах çав нотăна мирлĕ пурнăçăн Вашингтонри, Лондонри, Парижри тата Бонри хаяр тăшманĕсем шута илмерĕç, мĕншĕн тесен Америкăри хĕçпăшал магначĕсем тата иртнĕ вăрçăра пуянтарнăшăн тавăрма ĕмĕтленекен нимĕç çыннисем Германи ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелесшĕн мар.

Çавăнпа та вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пуснă кунсенче Германири коммунистсен партийĕ пĕтĕм нимĕç халăхĕ умĕнче, Европăри тата тĕнчери мире юратакан мĕнпур халăхсем умĕнче çапла калать: вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» вăл—Германие хирĕçле договор, вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» вăл—Европăри мире хирĕçле договор.

Çавăнпа та коммунистсем нимĕçсен мĕнпур патриочĕсем умне вĕсене ертсе пыма тăраççĕ, вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» пĕтерсе лартассишĕн, Германипе мирлĕ договор тутарассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшаççĕ. Мирлĕ договор пирĕн халăха наци тĕлĕшĕнчен пĕрлешме, демократиллĕ тата никама пăхăнман çĕршыв туса хума, çапла вара Европăра мирлĕ пурнăç тума май парать.

Иртнĕ эрнере нимĕç рабочи класĕн, нимĕç хресченĕсен, нимĕç гражданĕсен пурин те, чи малтан, мире юратакан çамрăксен пысăк демонстрацийĕсем, массăллă забастовкисем, митингĕсемпе пухăвĕсем пулчĕç. Çапла майпа вĕсем вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç пулнине палăртрĕç, вĕсем хăйсем Совет Союзĕн пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, никама пăхăнман, мире юратакан Германи туса хума шанăç паракан сĕнĕвĕсемпе килĕштерсе мирлĕ договор тутарассишĕн тăнине кăтартса пачĕç.

Хĕвеланăç Германири рабочисем, нимĕçсен мĕнпур патриочĕсем, хăйсен çав тĕллевне пурнăçлас тесе халиччен хинчен те тачăрах пĕрлешсе, пур майсемпе те малалла кĕрешсе пырĕç. Вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» юн юхтарасси патне илсе çитерессине хирĕç кĕрешес пулать. Пур нимĕçсен те пĕр залача, пĕр тивĕç—вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» пурнăçлама чарасси.

Çак пирĕн халăх тата тăван çĕршыв умне питĕ пысăк хăрушлăх туха тăнă сехетре ĕçе сăмахсем калани татса памасть, ку сехетре рабочи класс хăйсен тăван çĕршывне юратакан мĕнпур нимĕçсемпе пĕрлешсе кĕрешни ĕçе татса парать. Çак вăй хăватлă, вăл вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» пурнăçлассине чарса лартма та, Германипе мирлĕ договор тутарма та пултарать.

Çак чи ответлă сехетре Демократиллĕ Германи Республики тата унăн правительстви хăйсем пĕтĕм нимĕç халăхĕн пĕрлĕхĕшĕн, миршĕн, наци пурнăçĕшĕн кĕрешес ĕçри çирĕп крепоçĕ пулнине кăтартса параççĕ. Демократиллĕ Германи Республикин правительстви тытса пыракан политика, вăл оборона енĕпе тата мирлĕ строительствăна хӳтĕлес тĕлĕшпе йышăннă мерăсем Америкăн нимĕç территорийĕнче çар ĕç планĕсене пурнăçлассине чарса лартма май паракан пысăк шанчăк пулса тăраççĕ. Çав ĕçсене туни Хĕвеланăç Германири рабочи класпа мире юратакан мĕнпур çынсене вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç, хамăрăн тăван çĕршыва çĕнĕрен пĕр государство туса хурассишĕн кĕрешес ĕçре тӳрремĕнех пулăшу пани пулать.

Аденауэр, нимĕç халăхĕн шухăш-ĕмĕчĕсене хирĕç пырса, халăхран вăрттăн Германие аркатмалли килĕшӳ турĕ. Анчах нимĕç халăхĕ вилесшĕн мар, вăл пурăнасшăн.

Хуласемпе ялсенчи, предприятисемпе профсоюзсенчи, мĕнпур партисемпе организацисенчи нимĕçсем! Вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» пурнăçлассине чарса лартассишĕн, наци çĕнĕ хăгушă инкек пулассинчен хăтарассишĕн пĕрлешсе кĕрешес ĕçе вăйлатса пырăр.

Рабочисем—коммунистсем, социал-демократсемпе христиансем, профсоюзсен членĕсем! Пур çĕрте те массăсен хăватлă демонстрацийĕсене ирттерес ĕçе анлăн сарма тăрăшăр, пур предприятисенче те мирлĕ договоршăн, вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç, ĕç укçи ӳстермелле тăвассишĕн, профсоюзсемпе производство совечĕсен прависемшĕн, Аденауэр правительствине сирпĕтсе антарассишĕн кĕрешме чĕнекен лозунгсемпе массăллă забастовкăсем ирттерĕр.

Патриотла шухăшлă тата мире юратакан мĕнпур граждансемпе пĕрле, Бременри пример тăрăх, пур хуласемпе ялсенче те пĕр-пĕрин хушшинче килĕшӳсем тăвăр, пур парламентсенче та халăх вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç пулнине тата мирлĕ договор тутарассишĕн тăнине палăртма тăрăшăр.

Пирĕн халăхăн пĕр пек шухăш-ĕмĕтне кăтартса пама пур çĕрте те пысăк тата хăватлă демонстрацисем ирттерме пĕрлешĕр. Халĕ пур çĕрте те пĕтĕм ĕçе халăх хăй татса памалла.

Вăрçă пуçаракансен планĕсене пĕтерсе лартас пулать. Аденауэр правительстви—вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пуснă правительство, вызлăх, пусмăрлăх, вăрçă кӳрекен, пĕр-пĕрне вĕлерсе пĕтермелли вăрçă хатĕрлекен правительство—тĕп пултăр!

Америкăпа нимĕç империалисчĕсем тунă вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договор» тĕп пултăр!

Хамăрăн тăван çĕршыва çăлса хăварма, Германипе мирлĕ договор тутарма нимĕçсен мĕнпур патриочĕсен кĕрешӳри пĕрлĕхне тĕреклетсе пырăр. Мирлĕ договор пирĕн халăха пĕрлешме, мирлĕ, демократиллĕ тата никама пăхăнса тăмалла мар пурнăç тума май парать.

Нимĕç халăхĕн хăйĕн кун-çулне хăй аллине илмелли, çапла майпа Германипе мирлĕ договор тутармалли, пирĕн халăхăн пурнăçне çăлса хăварма тата пирĕн наци пуласлăхне сыхласа хăварма май паракан договор тутармалли сехет çитрĕ».

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле пур фронтсенче те Англипе Америка интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине чылай пĕтереççĕ.

Паян Халăх çарĕн зенитнăй артиллерийĕ тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсен отрячĕсем тăшманăн 6 самолетне персе ӳкернĕ. Çав самолетсем унччен, ытти самолетсемпе пĕрле, Вонсан, Хамхын, Нампхо тата Киян районĕсенчи мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине бомбăсем пăрахнă тата пулеметсемпе пенĕ пулнă.

### Ватиканăн Токиори представителĕ—США государство департаменчĕн агенчĕ

ДЕЛИ, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Японири католикла тĕн енĕпе ĕçлекенсенчен илнĕ шанчăклă сведенисем тесе, «Блитц» журнал Токиоран илнĕ хыпарта çапла çырать: папăн Токиори представителĕ (нунцийĕ) Максимилиан фон Фюрстенберг патне Ватикан инструкци янă, унта Японири католиксем хушшинче Америка çарĕсем Японире тăма кирли çинчен тата Америка базисене сыхласа усрама кирли çинчен ăнлантарса парас ĕçе вăйлатма хушнă.

Японири авторитетлă çынсем каланă тăрăх, Ватикан çавăн пек кăтартăва США государство департаменчĕ ыйтнипе панă. «Блитц» журнал çырнă тăрăх, Америкăн Кларк генералĕн штабĕ фон Фюрстенберга укçа парса тата ытти енĕпе те пулăшнă.

Журнал çапла çырать: Америка оккупацилениине хирĕç кĕрешекенсен юхăмĕ Японире вăйланассинчен США хăрать.

# „Риджуэй Францирен тухса кайтăр!“

## Парижри демонстраци

ПАРИЖ, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ организацисем чĕннипе паян Парижри ĕççыннисем урамсене тухнă. Вĕсем Франције Корея халăхĕн палачĕ—Америка генералĕ Риджуэй пынине хирĕç протестленĕ.

Паян каç пулнă тĕле хулари тĕп урамсемпе площадьсене хураллама полицейскисене тата «Республика хăрушсăрлăхĕн отрячĕсем» текен охранниксене нумай тăратса тухнă. Полицин тĕп вăйĕсене Республика площачĕ сывăхне пухнă. Çав площаде 18 сехет те 30 минут тĕлне демонстраци хутшăннисем пухăнмалла пулнă. Полицин хура автомашинисем тата хĕçпăшаллă жандармсен хуралĕсем ку площадь сывăхĕнчи Тампль, Вольтер, Сен-Мартен бульварĕсене, Республика урамне, Фобур-дю-Тампль урамне тата ытти вырăнсене нумай пырса тулнă. Каçхине 6 сехетре çав районта метроран тухмалли алăксене пурне те хупса лартнă. Полици çавăн пек мерăсем йышăннă пулин те, ĕççыннисем хулари тĕрлĕ вырăнсенче пухăннă, колоннăсене тăрса Парижри тĕп урамсемпе площадьсене пынă.

Демонстрантсем Франције Америка оккупацилесе тăрассине чарса лартма тата Америка çарĕсене çĕршывран илсе кайма ыйтакан лозунгсемпе плакатсем çĕклесе пынă. Хулан тĕрлĕ пайĕсенче пиншер çынсем: «Миршĕн, ирĕклĕхшĕн тата наци никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешер!», «Риджуэй, кунтан тухса кай!», «Американецсем, Америкăна тухса кайăр!», «Фашизм çĕнтереймĕ!», «Андре Стиле ирĕке кăларăр!» тесе пĕр харăс кăшкăрса пынă, вĕсем тата ытти лозунгсем те кăшкăрнă.

Демонстрантсемпе полици хушшинчи малтанхи тытăçусем Латинла квартал районĕнче, Эроп площадĕнче, Сталинград площадĕнче, Çурçĕр вокзалĕпе Сен-Лазар вокзалĕнче, Д'антэн урамĕнче, Фобур-дю-Тампль урамĕнче тата ытти вырăнсенче те пулса иртнĕ. Фобур-Монмартр урамĕнче полици демонстрантсен колоннине тапăннă. Демонстрантсем татăклă отпор панă. Демонстрантсем полици автомашинине ӳпĕнтерсе янă, полицин ытти машинисен кантăкĕсене ватнă. Полици Сен-Жермэн бульварĕнче демонстрантсен колоннине салатса яма хăтланнă. Унăн ĕçĕ ăнăçсăр пулнă. Полицейскисене хăйсене хăваласа янă. Прованс урамĕнче полици «Рено» автозаводĕнчи ĕççыннисен колоннине тытса чарасшăн пулнă. Вăл колоннăна тытса чарма пултарайман. Колонна Сен-Лазар вокзалĕ патне малалла кайнă.

Демонстрантсем полицейскисене тата «Республика хăрушсăрлăхĕн отрячĕсен» охранникĕсене Çурçĕр вокзалĕнчен хăваласа янă. Ĕççыннисен малти колонни, полицейскисем йышлăн хурал тăракан вырăнсенчен иртсе, Республика площадьне пырса кĕнĕ. Унта полици 80 çынна тытса хупнă. Паян Парижри Сталинград ячĕпе тăракан урамра ĕççыннисен юнĕ тăкăннă. Полици кунта демонстрантсене хирĕç пăшалпа пенĕ, пĕр çынна вĕлернĕ, тепĕр çынна йывăр амантнă.

Полици çынсене ушкăнĕ-ушкăнĕпе арестлет тата куççуль юхтаракан газ ярать пулин те, ĕççыннисен демонстрацийĕсем Парижра та, рабочисем пурăнакан поселоксенче те пулса иртеççĕ.

ПАРИЖ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Парижри ĕççыннисем Америка генералĕ Риджуэй Франције пынине хирĕç протестлесе ĕнер демонстрацисем ирттернĕ. Демонстрацисем пулнă вăхăтра Парижра, Сталинград ячĕпе тăракан площадьре полицейскисем Алжир рабочине—Беланд Уасина вĕлернĕ.

Полици 613 çынна арестлени тата полицейскисенчен 200 çын аманни çинчен пĕлтернĕ.

Риджуэй пынине хирĕçлесе ĕнер çĕршыври тĕрлĕ хуласенче демонстрацисем пулни çинчен хыпарсем илнĕ.

# Жак Дюклона арестленĕ пирки

ПАРИЖ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат çакăн çинчен пĕлтерет: ĕнер каçхине 10 сехетре Дюкло арăмĕпе пĕрле «Юманите» хаçат редакцийĕнчен тухсан, вĕсен автомашинине полицейскисем тапăннă, Дюклона тата унăн арăмне арестленĕ. Вĕсене ăçта илсе кайни паллă мар. «Юманите» хаçат редакцийĕ кун пирки ыйтнине хирĕç влаçсем нимĕн те пĕлтермеççĕ.

Жак Дюклона арестленĕ пирки «Юманите» хаçат Франциири коммунистсен партийĕн Политбюровĕ Франци халăхне чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Чĕнӳре çапла каланă:

«Жак Дюклона арестленĕ. Франциири коммунистсен партийĕн секретарьне ĕнер каçхине Пинэ приказĕ тăрăх, питĕ тискер политикăллă провокаци организацилес шутпа, тытса хупнă.

Франции вăрçă хатĕрлекен правительстви хăраса ӳкнĕ. Вăл халăхран, Германи реваншисчĕсемпе милитарисчĕсене вăй илтермелли политикăна хирĕç кĕрешме çĕкленекен халăхран, хăрать. Вăл Парижра тата пĕтĕм Франципе халăх Риджуэй унта пынине хирĕç, миршĕн тăнине палăртмалли манифестацисем ирттересси анлă саралнинчен хăраса ӳкнĕ. Çавăнпа ĕнтĕ вăл, хăйĕн Америкăри хуçисемпе кавар туса, Жак Дюклона тытса хупма питĕ тĕлĕнтерекен тата тискер решени йышăннă. Çавăн пек питĕ тискер фашистла ĕç тунă пирки пур заводсенче те, пĕтĕм çĕршывĕпех халăх хытă хумханма тытăнчĕ.

Франциири коммунистсен партийĕн Политбюровĕ мĕнпур ĕççыннисене, мĕнпур демократсене, мĕнпур француссене татăклăн хирĕç тăрса протестлеме чĕнет.

Франци столицинче тата çĕршывăн пур кĕтесĕсенче те халăхăн хăй протестлени çинчен резолюцисем йышăнмалла, пур çĕрте те манифестацисемпе забастовкăсем ирттермелле.

Жак Дюклона тĕрмене хупнипе килĕшни вăрçăпа фашизм патне тата арканса кайасси патне çул уçни пулĕччĕ.

Жак Дюклона халех ирĕке кăлармалла. Эпир Франциири рабочи класпа Франци халăхне Жак Дюклона ирĕке кăларассишĕн кĕрешме чĕнетпĕр».

«Юманите» хаçат Франциири коммунистсен партийĕн Сена департаментĕнчи федерацийĕн секретарĕ Раймон Гюйо тата Париж районĕнчи профсоюзсен пĕрлешĕвĕн генеральнăй секретарĕ Эжен Энеффа Парижри ĕççыннисене чĕнсе каланине пичетленĕ. Чĕнӳре çапла каланă:

«Ĕнер каçхине 10 сехетре Жак Дюклона арестленĕ.

Парижри рабочи класс, мире хӳтĕлессишĕн тăрса, Риджуэй килессине хирĕç тăнине пĕлтернĕ хыççăн, Пинэ правительстви фашистла хĕсĕрленине хирĕç кĕрешме пĕр çын пек пулса çĕкленнĕ.

Парижри ĕççыннисем!

Халех хăвăр ĕçлекен предприятисене тата хăвăр пурăнакан кварталсене пухăнăр. Коммунистсем, социалистсем, республиканецсем, фашизма хирĕç кĕрешекенсем, тĕрлĕ профсоюзсен членĕсем, пурте пĕрлешсе ĕç пăрахăр, манифестацисем ирттерĕр, вăрçă пуçарма хатĕрлекенсем патĕнче службăра тăракан фашистла чиновниксен аллинчен Жак Дюклона хăтарассишĕн кĕрешес ĕçре хăвăр пĕр шухăш-кăмăллă пулни çинчен пĕлтерĕр.

Фашизм çĕнтереймĕ, мир çĕнтерет!»

ПАРИЖ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Франс пресс агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: паян влаçсем коммунистсен партийĕн «Юманите» тата «Либерасьон» хаçачĕсен тиражĕсене конфискациленĕ.

# Жак Дюклона тĕрмене хупнă

ПАРИЖ, майăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Франс пресс агентстви пĕлтернинчен çакă паллă пулнă: Жакино следователь Франциири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарьне Жак Дюклона «государствăн шалти хăрушсăрлăхне тапăнпă» тесе айăплама тытăннă. Жак Дюклона «Фрэн» текен тĕрмене хупнă.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔНЧЕ
Паян, майăн 31-мĕшĕнче,
„Евгения Гранде“
Ыран, июнĕн 1-мĕшĕнче, юлашки хут
„СЕМЬЯ“
Спектакльсем каçхине 8 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

„РОДИНА“ КИНОТЕАТРТА
Паян, майăн 31-мĕшĕнче, кăнтăрлахи сеанссенче
„Киносборник № 32“
каçхи сеанссенче—
„На всякого мудреца довольно простоты“
Кăнтăрлахи сеанссем 12, 14, 16 сехетре, каçхи сеанссем 18.15 тата 21.45 сехетре пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01114 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.